ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЧĂВАШ ОБКОМĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔН ТАТА ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕЧĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ХАÇАЧĔ

165 (9844) № | 1956 çулхи августăн 15-мĕшĕ, юнкун | Хакĕ 20 пус. 39-мĕш çул тухать.

*КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕнче*

## Республикăра сĕт хатĕрлес тата сутăн илес ĕç çителĕксĕр пыни çинчен

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: МТС-сем, районсенчи финанс пайĕсем тата колхоз председателĕсем енчен государство хатĕрлев дисциплинине вăйсăрлатнине пула, çавăн пекех Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствипе Финанс министерстви, КПСС райкомĕсем тата райисполкомсем енчен кирлĕ пек тĕрĕслесе тăман пирки республикăра государствăна сĕт парас тата сутăн илес ĕç ытла та çителĕксĕр пырать. 1956 çулхи августăн 10-мĕшĕ тĕлне республикăра сĕт хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана пурĕ те 62 процент кăна тултарнă, вăл шутран сутăн илмелли плана 30 процент тултарнă. Сĕт хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçсем уйрăмах Шăмăршă, Сĕнтĕрвăрри, Вăрнар, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Ишлей, Октябрьски, Шупашкар районĕсенче тÿсме çук начар пыраççĕ. Асăннă районсенче сĕт хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана пурĕ те 43—53 процент кăна тултарнă, вăл шутран сутăн илмелли плана 10 процентран пуçласа 25 процент таран кăна тултарнă.

«Маслопром» тресчĕ (управляющийĕ Кузнецов юлташ) тата унăн вырăнти органĕсем конкретлă ертсе пыман пирки колхозниксен, рабочисен, служащисен хуçалăхĕсенчен сĕт сутăн илес ĕçе тÿсме çук начар организациленĕ. Çавăн пирки асăннă хуçалăхсенчен сĕт сутăн илмелли плана пурĕ те 3 процент кăна тултарнă. «Маслопром» тресчĕ, çу завочĕсен директорĕсем хăйсен ĕçне улăштарса çĕнетмен, чылай чухне вĕсем сĕт сутăн илес тĕлĕшпе пачах ĕçлемеççĕ. Сĕт хатĕрлес ĕç çителĕксĕр пынине вĕсем сĕт паракансене сутма кирлĕ таварсем çуккипе ăнлантарса пама пăхаççĕ. Анчах çав вăхăтрах вĕсем сутăн илмелли хакçене пысăклатни халăхран сĕт илес ĕçе лайăхрах йĕркелеме пулăшакан мăй пулса тăнине шута илмеççĕ. Государствăна сĕт сутас ĕçе районти тата ялти актив начар хутшăнать. Республикăри хуласемпе рабочи поселокĕсенче сĕт сутăн илес ĕçе организацилемен.

Уйрăм çу завочĕсенче сĕт йышăнмалли йĕркесене сĕмсĕррĕн пăсаççĕ, продукци пăсăлать, йышăннă сĕтри çуллăха тĕрĕс мар палăртаççĕ, сĕт паракансене çийĕнчех укçа тÿлемеççĕ.

Чăваш АССР Финанс министерствипе унăн вырăнти органĕсем колхозниксен, рабочисен, служащисен хуçалăхĕсем хушшинче сĕт хатĕрлес ĕçе вăйлатма кирлĕ мерăсем йышăнман. Сĕт пама хутшăнтарнă хуçалăхсенчен 56 проценчĕ ытла ку таранчченех хăйсен обязательствисене тултарман, 17 проценчĕ обязательнăй йĕркепе государствăна сĕт пама тытăнман. МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата шучĕпе сĕт парас ĕç те çителĕксĕр пырать.

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

Сĕт хатĕрлевĕ тĕлĕшĕнчен ĕçсем çакăн пек пулса тăнине чăтма çук тесе шутласа, Чăваш АССР Ялхуçалăх министрне Иванов юлташа, Финанс министрне Сомов юлташа, «Маслопром» управляющине Кузнецов юлташа, КПСС райком секретарĕсене тата райисполком председателĕсене сĕт хатĕрлессине тата сутăн илессине вăйлатас тĕлĕшпе кирлĕ пек ĕçсем туса ирттерме хушнă. Плана кирек мĕнле пулсан та тултармалла тăвас пулать. Çав тĕллевпе:

а) районсене тата районсенче—кашни ял Советне, колхоза, райфо инспекторне тата сборщика сĕт хатĕрлеме тата сутăн илме кашни пилĕккунлăхра заданисем памалла, çав заданисене пурнăçласа пымалла. Килсем тăрăх çÿресе сĕт пухас ĕçе организацилемелле;

б) сĕт хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана пурĕ-пĕрех тултармалла тăвас тесе, хатĕрлев организацийĕсен работникĕсен, МТС директорĕсен, районти финанс пайĕсен заведующийĕсен, ял Совечĕсен, колхоз правленийĕсен ответлăхне ÿстермелле;

в) сентябрĕн 1-мĕшĕччен уйрăм хуçалăхсем государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тăратмалли обязательствăна мĕнле пурнăçланине пур çĕрте те тĕрĕслесе тухмалла, çавна май кашни хуçалăх енĕпе обязательствăсене пурнăçламалла тăвас пулать. Колхозниксен, рабочисен, служащисен хуçалăхĕсенчен сĕт илес ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелле, сĕт илес ĕçе финанс органĕсен работникĕсене хутшăнтармалла;

г) сĕте колхозсен хуçалăх ыйтăвĕсем валли салатса тата айккинелле сутса пĕтерме памалла мар, çавăн пек пулни государствăна сĕт парас тата сутмалли обязательствăсене пурнăçлама кансĕрлет;

д) ĕнесене çуллахи вăхăтра пăхса усрас ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелле. Кашни колхозăн конкретлă условийĕсене шута илсе симĕс конвейерпа тĕрĕс усă курмалли майсем туса хатĕрлемелле, нумай çул ÿсекен, пĕр çул ÿсекен курăксемпе кукурузăна симĕслле çитерме çирĕп йĕрке туса хумалла.

Государствăна сĕт парас тата сутăн илес ĕçе çителĕксĕр организациленĕшĕн «Маслопром» трест управляющине Кузнецов юлташа выговор панă. Кузнецов юлташăн сĕт сутăн илес ĕçе организацилессишĕн Маслопром системинче ĕçлекен работниксен ответлăхне ÿстермелле, çу завочĕсемпе çу йышăнмалли пунктсенче колхозсемпе уйрăм çынсем паракан сĕте пĕр чăрмавсăр йышăнмалла, сĕтри çуллăха тĕрĕс палăртнине çирĕп тĕрĕслесе тăмалла.

Парти райкомĕсен секретарĕсемпе райисполком председателĕсене: Шăмăршă районĕ—Ивановпа Васильев юлташсене, Сĕнтĕрвăрри районĕ—Петрухинпа Чумакова юлташсене, Вăрнар районĕ—Алексеевпа Смирнов юлташсене, Куславкка районĕ—Хромовпа Смыков юлташсене, Хĕрлĕ Чутай районĕ—Филипповпа Осипов юлташсене, Ишлей районĕ—Дмитриевпа Никитин юлташсене, Шупашкар районĕ—Вороновпа Семенов юлташсене сĕт хатĕрлемелли тата сутăн илмелли планă мĕнпур секторсем тăрăх тултарассишĕн вĕсем ответлă пулса тăни çинчен асăрхаттарнă.

## Дояркăсен хисеплĕ тивĕçĕ

Доярка юлташсем! Паян «Коммунизм ялавĕ» хаçатра «Республикăри сĕт хатĕрлес тата сутăн илес ĕçсем çителĕксĕр пулса пыни çинчен» КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановленипе пичетленет. Унта çак пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç мĕншĕн чăтма çук япăх пулса пынин сăлтавĕсене тата ăна лайăхлатмалли майсене тĕплĕн кăтартса панă. Çак постановленине ăнăçлăн пурнăçласси вырăнти партипе совет тата ялхуçалăх работникĕсемпе пĕрлех кашни доярка хăйĕн ĕçне тÿрĕ кăмăлпа, çине тăрса туса пынинчен те нумай килет.

Паллă ĕнтĕ, государство умĕнчи тивĕçе чыслăн пурнăçлас тĕлĕшпе колхозсенче сĕт нумайрах суса илни татса парать. Урăхла каласан, халĕ сирĕн, кашни доярккăн, КПСС XX съездĕ ячĕпе хăвăр йышăннă социализмла обязательствăна пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешмелле. Ку тĕлĕшпе сирĕн тăватă пин çынлă йышăрта пĕтĕм республикипе чапа тухнă тантăшăрсем сахал мар. Колхозсенчи доярккăсем хушшинче чи малта—пĕтĕм çĕршывĕпе чапа тухнă Кольцовкăри Ленин орденлă колхозри паллă доярка Н. И. Наряткина юлташ. Вăл августăн 1-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен 3.298 литр сĕт суса илчĕ. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозри доярка Е. В. Руссова çак тапхăрта кашни ĕнерен—3.145-шер литр, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри доярка А. Я. Волкова—3.035-шер литр сĕт суса илчĕç. Улатăр районĕнчи «Победа» колхозри доярккăсем кăçал уйрăмах пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ. Акă, Н. И. Кузовенкова кашни ĕнерен 2.914-шар литр, вăл шутра июль уйăхĕнче—367-шер литр, Р. П. Куликова—2.748-шар литр, вăл шутра июль уйăхĕнче — 343-шер литр, А. П. Пазарова—2.759-шар литр, вăл шутра июль уйăхĕнче 350-шар литр, Т. Е. Исаева—2.644-шар литр, вăл шутра июль уйăхĕнче 404-шар литр сĕт суса илнĕ.

Малта пыракан доярккăсен ĕçĕнчен çакă курăнать: республикăри колхозсенче сĕт суса илессипе тăтăклăн ÿстерме пысăк майсем пур. Çав майсемпе пĕлсе, туллин усă курсан эсир, доярка юлташсем, колхозсене ăнăçу тума пулăшатăр. Сĕт суса илессипе ÿстерес пирки халĕ ĕнтĕ колхозсенче выльăх апачĕ те, ытти условисем те çителĕклех. Çакна асра тытса, доярккăсенчен нумайăшĕ августпа сентябрь уйăхĕсенче кашни ĕнерен сахалтан та 440—450 литр сĕт суса илессишĕн кĕрешĕве тухрĕç.

Хăвăр умма çакăн пек пысăк та ответлă задача лартса тата ăна пурнăçласа пырса, доярка юлташсем, эсир патриотла ĕç тăватăр. Мĕншĕн тесен çак задачăна ăнăçлă пурнăçласан кăна пирĕн республика тăванла республикăсен социализмла ăмăртăвне хутшăнса илнĕ обязательствăна пурнăçлама пултарать.

Сăмах пама пĕлтĕмĕр—ăна пурнăçлама та манар мар!—акă мĕнле лозунгпа ĕçлемелле халĕхи вăхăтра. Доярка юлташсем, сирĕнтен нумайăшĕ панă сăмаха çирĕп тытать. Акă, пирĕн хаçат корреспондентне Вăрнар районĕнчи «Гигант» колхозри малта пыракан доярка А. Кочанова юлташ çапла каласа панă:

— Эпĕ хуçалăх çулĕн вунă уйăхĕнче кашни ĕнерен 1.604-шар килограмм сĕт суса илсе, хамăн обязательствăна срокчен пурнăçларăм. Юлашки икĕ уйăх хушшинче кашни ĕнерен сахалтан та 300-шер килограмм суса илме пултаратăп.

Сăмах майăн каласан, «Гигант» колхозра икĕ çул каяллă кăна кашни ĕнерен çулталăкне 704-шар литр çеç сĕт суса илнĕ, кăçал вара 1.584-шар литр! Усĕм икĕ хут ытла.

Çакă вăл артель хуçалăхне ертсе пырас ĕçе лайăхлатнин, фермăсене пултаруллă кадрсемпе çирĕплетнин, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне хывнин результачĕ.

Анчах, питех те шел, çак паха майсемпе чылай çĕрте тивĕçлипе усă курни çук-ха. КПСС обкомĕн бюровĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ «Ĕнесене çуллахи вăхăтра пăхас ĕçри пысăк çитменлĕхсем тата колхозсенче сĕт суса илессине ÿстерес тĕлĕшпе йышăннă социализмла обязательствăсене пурнăçламалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени чылай районсенче, нумай колхозсенче çителĕксĕр пурнăçланса пырать. Августăн пирвайхи вунăкунлăхĕнче кашни ĕнерен сĕт суса илесси пур районсенче те унччен хи вунăкунлăхринчен чакнă.

Сĕт суса илессине тата хатĕрлессине ÿстермелли майсене эсир, доярка юлташсем, хăвăрах лайăх пĕлетĕр. Парти обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ халĕ уйрăмах сăвакан ĕнесене тăрантарас, шăварас, пăхас ĕçсене лайăхлатма хушаççĕ. Халĕ пур колхозсенче те ĕнесене пăхас ĕçри çитменлĕхсене хăвăрт пĕтерни кирлĕ. Кашни колхозăн конкретлă условийĕсене шута илсе, симĕс конвейерпа тĕрĕс усă курмалла, симĕс апат валли уйăрнă нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăксене, кукурузăна вăхăтра çитерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ йĕрке тумалла. Халĕ пур колхозсенче те сăвакан ĕнесене кашни килограмм сĕт пуçне 3 килограмран кая мар симĕс курăк памалла. Кукуруза пур çĕрте те тенĕ пекех лайăх. Сăвакан ĕнесене кукуруза çулçипе тунн пама тытăнмалла. Май килсен, ĕнесене концентратсем те памалла, мĕншĕн тесен вăйлă апатпа ĕне сĕт нумайрах антарать, çулла мăнтăрланса юлсан, хĕлле те сĕт лайăхрах парать.

Доярка юлташсем! Сĕт суса илессине ÿстерсе, Тăван çĕршыва сĕт продукчĕсем ытларах хатĕрлеме пулăшар!

## *Н. С. Хрущевпа А. И. Кириченко юлташсем Донбасра*

СТАЛИНО, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Паян КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ Н. С. Хрущев юлташпа Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ А. И. Кириченко юлташ Сталино хулине пырса çитнĕ.

Н. С. Хрущевпа А. И. Кириченко юлташсем Сталино хулинчи «Ветка-глубокая» шахтине тунă çĕрте пулнă, шахтăсенчи ĕçсене сборнăй тимĕрбетонпа мĕнле усă курнипе паллашнă. Вĕсем шахтăна аннă, проходчиксемпе, бригадирсемпе, инженерсемпе, стройка руководителĕсемпе калаçнă, шахтăсен тăвас ĕçĕн индустрилле меслечĕсемпе интересленнĕ.

Унтан Н. С. Хрущевпа А. И. Кириченко юлташсем Макеевка хулинчи 13-БИС шахтăн вентиляци стволне тунă çĕрте пулнă, çак шахтăра çирĕп породăсен условийĕсенче шахта стволĕсем тумалли установкăпа малтанхи хут усă курма тытăннă. Вĕсем çавăн пекех сăрт-ту строительствин çĕнĕ техникин выставкине пырса курнă, сборнăй тимĕрбетонран тунă çĕнĕ конструкцисене, Донбасра промышленность предприятийĕсем тата пурăнмалли суртсем тăвас ĕçре усă куракан машинăсене пăхса çÿренĕ.

Предприятисенче тата выставкăра рабочисемпе, служащисемпе ирттернĕ калаçусене СССР Çĕр кăмрăк промышленность министрĕ А. Н. Задемидко юлташ, СССР Çĕр кăмрăк промышленность предприятийĕсем тăвакан строительство министрĕ Л. Г. Мельников юлташ, Украинăри Коммунистсен партийĕн Сталино обкомĕн секретарĕ И. П. Казанец юлташ хутшăннă. (ТАСС).

## Тырпул пухса кĕртес ĕçсене ăнăçлă ирттерессишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатар, ĕç тухăçлăхне мĕнпур майсемпе ÿстерсе пырар!

### Молотилкăсене талăкĕпех йĕркеллĕ ĕçлеттермелле

ЭЛЕК. Молотов ячĕпе тăракан колхозра тырă вырма пуçăнни тăватă эрне çине кайнă ĕнтĕ, анчах ку таранччен пĕрчĕллĕ тырăсене çурри ытларах кăна пухса кĕртнĕ. Ĕç çакăн пек вăраххăн пыни тырпул пухса кĕртме начар хатĕрленнинчен килнĕ. Ĕç планне бригадăсенче сÿтсе явман, жнейкăсене юсаман.

Колхозра МТС-ăн икĕ комбайнĕ ĕçлет. М. Ефимовпа В. Семенов комбайнерсем августăн 10-мĕшĕ тĕлне пурĕ те 26—30-шар гектар çеç тырă вырнă.

Колхозра тырпул пухса кĕртес ĕç начар пулса пынипе КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ тата МТС руководителĕсем кая юлса асăрханă. Ырăш вырас ĕç вăраха кайсан кăна кунта тата икĕ комбайн хушса янă. Опытлă комбайнер Н. Петров юлташ часах 60 гектар çинчи ырăша вырса çапнă. Анчах комбайнпа вырса çапнă 700 центнер тырă итем çинче купара çĕрсе выртать, ăна тасатса типĕтекен çук. Çав вăхăтрах МТС-ăн куçса çÿрекен зерносушилки ĕçлемест. Çакскене пула государствăна тырă памалли график пурнăçланса пымасть.

— Пирĕн ĕç вăйĕ çителĕксĕр,—тесе ăнлантарать колхоз председателĕ Г. Петров юлташ.

Уй-хир ĕçĕсене хутшăнма пултаракан 370 çынна ĕçе тĕрĕс вырнаçтарсан, тырă вырас, авăн çапас, государствăна тырă леçес ĕçе пĕр чăрмавсăр тума пулать. Артелĕн икĕ автомашина пур, вĕсем те юсавлă мар.

Чылай артельсенче авăн çапма васкамаççĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхозра, тĕслĕхрен, государствăна тырă леçме мар, вăрлăхлăх та çапнă тырă çук. МТС комбайнерĕ А. Петров юлташ 10 кун хушшинче пурĕ те 8 гектар çеç ырăш вырнă. Çак колхозра ĕçлемелли молотилка та МТС килкартинчех ларать. Пĕтĕмпех МТС техники çине шанса ларнă май, колхозри молотилкăсемпе усă курмаççĕ. Сăмахран, артелĕн ултă лаша вăйĕпе ĕçлекен молотилка пур, анчах ăна ĕçлеттермеççĕ. 1-мĕш бригада итемĕ çинчи молотилка та юсавсăр.

«Динамо» колхозра та молотилкăсем пур çинчех авăн çапмаççĕ. Итем çинче ларакан молотилкăна пĕлтĕрхи улăмран та тасатман. Двигательсене те юсаса çитерсен.

— Тимĕрçĕ айăплă, тухса юсап тенĕ çĕртех юсамарĕ,—тет колхоз председателĕ А. Лукин юлташ çитменлĕхсене тÿрре кăларса.

Артельте государствăна тырă парас ĕç начар пулса пыни çинчен çак кунсенче КПСС райкомĕн бюровĕ сÿтсе явнă. Авăн çапас ĕçе хăвăртлатас тесе МТС молотилкине илсе пама хушнă. МТС директорĕ И. Яхваров юлташ кÿршĕри «Сталинград» колхозри трактор бригадин бригадирне И. Кондратьев юлташа молотилкăна куçарма хушнă, анчах бригадир молотилкăна куçарман.

Авăн çапас ĕçе иккĕмĕш черете хăварнине МТС дирекцийĕ халиччен килĕшсе ларнă. Кĕрхи тырăсем акма вăрлăх çитмессине сиссен кăна молотилкăсене ĕçлеттерме тытăннă. Çапах та вĕсене кирлĕ пек ĕçлеттермеççĕ-ха.

Комбайнпа тырă вырмалли план та пурнăçланса пымасть. Халĕхе комбайнсемпе 1.700 гектар ытларах çеç вырса çапнă. Çав вăхăтрах районти колхозсенче тырă вырас ĕç вăраххăн пулса пырать, уй-хирте тырă тăкăнать. Вырмалли тырă татах çичĕ пин гектар ытла юлнă.

Молотилкăсене талăкĕпех татти-сыпписĕр ĕçлеттермелле тумасан, районти колхозсем кĕркунне акмалли вăрлăх хатĕрлес тата государствăна тырă леçес ĕçсене те вăраха яма пултараççĕ. Парти райкомĕпе райисполкомăн тата МТС-ăн лăпкăлăх тыткăнĕнчен хăтăлса çитмелле, тырпул пухса кĕртес ĕçе хăвăртлатмалла, уйрăмах авăн çапас ĕçе вăйлатмалла.

**Н. ОРЛОВ.**
**(Хамăр корр.).**

### Çĕнĕ меслете хакламаççĕ

ЧКАЛОВСКИ. (Телефонпа, хамăр корр.). Ленин ячĕпе тăракан колхозра 9-мĕш трактор бригадинчи М. Можаевпа П. Пахомов механизаторсем ĕçлеççĕ. Вĕсем 4 кун хушшинче лафетлă жаткăпа 38 гектар çинчи ырăша, 36 гектар çинчи тулла, 17 гектар çинчи сĕлле вырса пăрахнă. Жаткăпа вырнă тырра пакkусенче типсе пулнă хыççăн Гахим Валеев комбайнер подборщиклă комбайнпа пухса çапнă. Пилĕк кун хушшинче вăл 154 гектар çинчи тырпула çапса пĕтернĕ. Комбайнер тырпула вырса пултарса пухса кĕртни тĕштырă ытларах пухса илме май пани çинчен каласа парать. Анчах та артель правленийĕ çĕнĕ меслетпе ĕçлессине хакламасть. Юлашки вăхăтра вăл тырпула çулса пултарса пухса кĕртме чарнă. Халĕ трактор бригадинчи лафетлă жаткăсем колхозра ахалех лараççĕ, механизаторсене урăх ĕçе куçарнă.

Колхозра çурхи тырăсем пур лаптăксенче те пулса çитнĕ. Çĕнĕ меслетпе пухса кĕртмесен, вĕсем тăкăнса кайма та пултараççĕ.

Уй-хирти тырпула пĕр тăккаламасăр пухса кĕртес тесен, артель правленийĕн вырса пултарса пухса кĕртес ĕçе хакламасăр тăмалла мар, механизаторсене çĕнĕ меслетпе ĕçлеме пур майсем те туса памалла.

### Колхозсенче силос сооруженисем тăвас ĕç мĕнле пынине кăтартакан сводка

(Августăн 10-мĕшне)

| Районсем | Стенисене çирĕплетнĕ силос сооруженийĕсем тунă | Районсем | Стенисене çирĕплетнĕ силос сооруженийĕсем тунă |
|---|---|---|---|
| Сĕнтĕр | 82,0 | Елчĕк | 25,1 |
| Сĕмĕрле | 52,0 | Етĕрне | 23,3 |
| Вăрнар | 46,4 | Первомайски | 22,4 |
| Калинино | 43,6 | Пăрачкав | 21,4 |
| Куракино | 41,4 | Хĕрлĕ Чутай | 20,6 |
| Октябрьски | 40,4 | Чурачăк | 20,6 |
| Куславкка | 37,8 | Улатăр | 18,9 |
| Чкаловски | 37,1 | Канаш | 18,9 |
| Комсомольски | 36,5 | Красноармейски | 18,5 |
| Советски | 36,3 | Ишлей | 18,3 |
| Элĕк | 36,2 | Тăвай | 14,7 |
| Вăрмар | 35,7 | Шăхасан | 11,9 |
| Шупашкар | 35,2 | Шăмăршă | 11,7 |
| Сĕнтĕрвăрри | 32,6 | Çĕрпÿ | 10,0 |
| Йĕпреç | 31,4 | Муркаш | 2,8 |



Çĕрпÿ районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз кĕрхи тырăсене 6 кун хушшинче вырса пĕтерчĕ. Халĕ артель членĕсем авăн çапаççĕ.

Ÿкерчĕк çинче: Мичурин ячĕпе тăракан колхозра Çĕрпÿ МТС-ĕн 3-мĕш трактор бригадинчи «МК-1100» молотилкăпа авăн çапаççĕ.

А. Прищепов фотоÿкерчĕкĕ.

### Ыраш акаççĕ

КОМСОМОЛЬСКИ, августăн 13-мĕшĕ. (Телефонпа). «Гигант» колхозăн кăçал 406 гектар çине ырăш акмалла. Кĕрхи тырăсем тухăçлă пулччăр тесе, акмалли лаптăксене лайăх хатĕрленĕ. Çĕртме уйĕсенче çитĕнтернĕ культурăсене вăхăтра пухса кĕртнĕ, унта тислĕк çителĕклĕ кăларнă, çĕре лущильникпе кăпкалатнă. Колхоз акас умĕн вăрлăха хĕвел питĕнче типĕтет, бактериллĕ удобренисемпе чÿхет. 200 гектар çинчи ырăша хĕреслĕ майпа акса хăварнă. Ĕнер И. Муллинпа И. Кузьмин, Н. Ченакинпа А. Голубев трактористсем хĕреслĕ майпа ырăш акма тытăнчĕç.

Колхозниксем кĕрхи тырăсене пилĕк кун хушшинче акса пĕтерессишĕн кĕрешеççĕ.

ЧКАЛОВСКИ. «Путь Ленина» колхоз членĕсем паян ырăш акма тухрĕç. Н. Прохоров тракторист икĕ сеялкăпа ырăш акать. Ырăш акас ĕçре артельти сеялкăсемпе те туллин усă кураççĕ.

**(Хамăр корр.).**

### 250 гектар вырнă

Шупашкар машина-трактор станцийĕнчи М. Тихонов комбайнер Каганович ячĕпе тăракан колхоз уй-хирĕнче ĕçлет. Комбайна ĕçе тухас умĕн лайăх юсанă май, ăста механизатор малтанхи кунсенчех тухăçлă ĕçлеме пуçланă. Августăн 8—9-мĕшĕсенче Тихонов сменăра 19-шар гектар тырă вырса пухрĕ. Сезонра «С-4» агрегатпа 248 гектар тырă вырмалла пулсан, вăл ку таранччен 250,5 гектар çинчи тырпула пухса кĕртрĕ.

Социализмла ăмăртура Тихонов юлташ малта пырать. Ăна МТС дирекцийĕпе парторганизаци тата рабочкомăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне панă.

В. Григорьев, Ф. Ядринцев, П. Иванов, комбайнерсем те «С-4» комбайнпа сменăра 12—15 гектар çинчи тырпула пухса кĕртеççĕ.

**Ф. МАРКОВ.**

### *Государствăна тырă парса татнă*

Йĕпреç районĕнчи «Х лет Октября» колхоз кăçал пысăк тухăçлă тырпул çитĕнтерчĕ. Ăна вырма колхозниксем районта чи малтан тухрĕç. Пилĕк кун хушшинче 300 гектар çинчи ырăша пĕр тăкаксăр пухса кĕртрĕç, авăн çапса государствăна тырă пама тытăнчĕç. Колхозниксем тырă вырса пĕтернĕ тĕле колхозри строительство бригади механизациленĕ итем туса пĕтерчĕ. Жнейкăсемпе ĕçлекен Н. Ефимовпа И. Егоров колхозниксем тырра пĕр тăкаксăр вырчĕç.

Тырпула пухса кĕртнĕ вăхăтра колхозниксем мĕн иртен пуçласа сĕм тĕттĕм пуличчен ĕçлеççĕ. Вĕсем апат çиме килĕсене çÿремеççĕ. Вĕсем валли колхоз обществăлла апатлану организациленĕ.

Г. Иванов комбайнер кунсерен 20—25 гектар çинчи çурхи тулла пухса кĕртет. Колхозăн витнĕ итемĕ çинче те ĕç шавĕ кĕрлесе тăрать. Кунта «МК-1100» молотилка вырнаçтарса лартнă. Молотилкăпа ĕçлекен М. Архипов машиновед талăкра 28—30 тонна тырă çапать. Вăл колхоз тырпулне 12 кун хушшинче çапса пĕтерме сăмах панă. Опытлă машиновед илнĕ сăмаха чыслă пурнăçласа пырать.

— Ĕç планĕ тăрăх эпир государствăна тырă памалли плана августăн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма пăхнă. Сайталăк условийĕсем япăх пулин те пирĕн колхоз членĕсем илнĕ обязательствăна, срокчен пурнăçларĕç. Колхоз государствăна августăн 8-мĕшĕ тĕлне тырă парса татрĕ. Халĕ эпир натуроплата шучĕпе государствăна тырă леçетпĕр тата закуп шучĕпе сутатпăр,—тет колхоз председателĕ Федоров юлташ.

«Х лет Октября» колхоз членĕсем районта чи малтан государствăна тырă парса татрĕç, закуп шучĕпе те государствăна тырă нумай сутрĕç.

**Г. РУСАНОВ.**

### Колхозра пĕтереççĕ

ЙĔПРЕÇ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз 703 гектар ырăш, 101 гектар пăрça, 52 гектар вика тата 100 гектар клевер пухса кĕртнĕ. Халĕ артель членĕсем тулă выраççĕ.

Тырпул пухса кĕртес ĕçре 4-мĕш бригада (бригадирĕ Н. Яковлев юлташ) малта пырать. Çак бригадăна куçса çÿрекен Хĕрлĕ Ялав тата укçан премии пачĕç.

Колхозра опытлă комбайнер Иван Семенович Шмагин юлташ ĕçлет. Вăл «С-6» комбайнпа кулленех 15—16 гектар тырă вырать.

**Г. РИКМАС.**

# ЭКОНОМИКӐЛЛА ТЕОРИЕ ВӖРЕНЕССИ ҪИНЧЕН

Партии XX съезчӗн решенийӗсене пурнӑҫлассишӗн кӗрешнӗ май экономикӑлла теорие тата конкретлӑ экономика ыйтӑвӗсене вӗренесси малти вырӑна тухса тӑчӗ.

Республикӑри коммунистсемпе партире тӑман актив политикӑлла экономие, промышленность, ялхуҫалӑх, транспорт, сутуилӳ, строительство экономикине вӗренесси ҫулсеренех сарӑлса пырать. Ҫапах та ку вӑл пысӑк ӗҫ пуҫламӑшӗ ҫеҫ-ха. Хуҫалӑх ӗҫӗнчи ертсе пыракан работниксене экономикӑлла теорие тата конкретлӑ экономика ыйтӑвӗсене вӗренме тата ытларах хутшӑнтарас пулать.

Иртнӗ вӗренӳ ҫулӗнче республикӑри парти организацийӗсенче экономикӑлла теорие пуринчен ытла кружоксемпе семинарсенче вӗреннӗ. Вӗсенче пурӗ виҫӗ пин ҫынна яхӑн вӗренчӗ.

Тӗслӗхшӗн Ҫӗмӗрле райисполкомӗнчи пуҫламӑш парторганизаци ҫумӗнче политикӑлла экономие вӗренме йӗркеленӗ кружока илсе кӑтартма пулать. Ҫав кружокра вӗренекенсем пӗр эрнере е икӗ эрнере пӗрре пухӑнса занятти ирттернӗ. Ҫӗнӗ тема тӑрӑх пропагандист калаҫӑвне итленӗ, ун хыҫҫӑн кашни харпӑр хӑй тӗллӗн литература вуланӑ, тепӗр занятире вара калаҫу ирттернӗ. Кружок руководителӗ Егоров юлташ, пропагандист ӗҫне нумай ҫул хушши туса пырса, пуян опыт пухнӑ. Вӑл кружокра вӗренекенсене (райисполком работникӗсене) политикӑлла экономие творчествӑлла вӗрентессине йӗркелеме, хӑйсен пӗлӗвӗпе кулленхи ӗҫре усӑ курма вӗрентме сахал мар вӑй хурать. Вӗренекенсем те экономикӑлла ыйтусене тӗплӗн вӗренме тӑрӑшаҫҫӗ. Кружокра занятисене яланах хальхи вӑхӑтри событисемпе, районти предприятисенчи, колхозсенчи пурнӑҫпа ҫыхӑнтарса ирттереҫҫӗ.

Экономикӑлла теорие вӗренес ӗҫре семинарсем пысӑк вырӑн йышӑнчӗҫ. Нумай семинарсенче теорие практикӑлла ӗҫсемпе, предприятисен, колхозсен тата МТС-сен ӗҫӗпе ҫыхӑнтарса вӗренчӗҫ. Сӑмахран, КПСС Елчӗк райкомӗ ҫумӗнче партипе совет активӗ валли йӗркеленӗ семинара илер. Кунта политикӑлла экономие вӗреннӗ май ялхуҫалӑх экономикин ыйтӑвӗсене те сӳтсе явнӑ. Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз опытне вӗреннӗ. Районти ертсе пыракан работниксем экономика ыйтӑвӗсене вӗренни партин XX съезчӗ ялхуҫалӑхӗ умне лартнӑ задачӑсене пурнӑҫлас ӗҫре нумай пулӑшать.

Вӑрнар районӗнчи «Победа» колхозри парторганизаци ҫумӗнче ялхуҫалӑх экономикине, Шупашкарти электроаппаратсем тӑвакан заводри партком ҫумӗнче промышленность экономикине вӗренмелли тата ытти семинарсем анӑҫлӑ ӗҫлерӗҫ. Семинарта ҫӗнӗ материала вӗренесси лекци итленинчен пуҫланать. Лекцие семинар руководителӗ е вӗренме палӑртнӑ темӑна лайӑх пӗлекен специалист ирттерет. Ҫакӑн хыҫҫӑн вӗренекенсем кивте харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренеҫҫӗ, хӑшпӗр ҫӗрте вӗсем валли консультацисем ирттереҫҫӗ, колхозри тата бригадӑри, цехри, заводри ӗҫсемпе паллаштараҫҫӗ, тӗрлӗ диаграммӑсемпе таблицӑсем хатӗрлеҫҫӗ. Вара 10—20 кунтан ыйташла калаҫу ирттереҫҫӗ.

Политикӑлла экономие тата конкретлӑ экономикӑна семинарсенче вӗренессине районсемпе хуласенче анлӑрах сарса пымалла. Ялхуҫалӑх, промышленность, сутуилӳ, строительство, финанс тата чугун ҫул транспорчӗн экономика ыйтӑвӗсене вӗренме семинарсем ытларах организацилемелле.

Иртнӗ вӗренӳ ҫулӗнче уйрӑм районсемпе хуласенче экономикӑлла конференцисем ирттерсе пахa опыт пухрӗҫ. Парти организацийӗсем сӳтсе явмалли ыйтусене тӗрӗс суйласа илнӗ ҫӗрте конференцисем ҫӳлӗ шайра, интереслӗ иртрӗҫ. Ҫакна Ҫӗмӗрле районӗнче ирттернӗ конференци те аван кӑтартса парать. Кунта ялхуҫалӑх продукчӗсене туса илнӗ чухне ӗҫ вӑйне сахалрах пӗтересси ҫинчен сӳтсе явнӑ. Ку ыйту тӑрӑх «Комбинат» колхоз председателӗ Моисеев, Ленин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Михайлов юлташсем докладсем туса панӑ. Пухӑнни юлташсем хӑйсен шухӑшӗсене каласа панӑ.

Ҫавӑн пек конференцисем Вӑрнар тата Первомайски районӗсенче те анӑҫлӑ иртнӗ.

Экономикӑлла конференцисем ирттерни районти работниксене, предприятисене, цехсене, колхозсене ертсе пыракансене экономикӑлла теорие вӗренме хавхалантарать, экономикӑна тарӑнӑн тӗпчеме вӗрентет. Ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулӗнче экономикӑлла конференцисем ирттерессине сарса тата лайӑхлатса пымалла.

Иртнӗ кӗркуннерен пуҫласа партин Улатӑр тата Канаш хула комитечӗсем ҫумӗнче икӗ ҫул вӗренмелли экономика шкулӗсем ӗҫлеме тытӑнчӗҫ. Вӗсен ӗҫӗ анӑҫлӑ пуҫланчӗ. Экономика шкулӗсем иккӗмӗш ҫулхине те йӗркеллӗ ӗҫлессине шанса тӑмалла.

Кӑҫал экономика шкулӗсем кашни районта тата хулара организацилеме тӑрӑшмалла. Партин Шупашкар хула комитечӗ, Етӗрне тата Октябрьски райкомӗсем экономика шкулӗсем организацилеме йышӑннӑ ӗнтӗ. Ҫак шкулсенче вӗренме парти, совет тата хуҫалӑх работникӗсене, промышленность тата ялхуҫалӑх специалисчӗсене хутшӑнтарас пулать.

Экономика шкулӗсенче политикӑлла экономие, Совет Союзӗн экономикӑлла географийне тата, вӗренекенсем ӑҫта ӗҫленине кура, конкретлӑ экономика ыйтӑвӗсене вӗренмелле. Кунпа пӗрлех наукӑпа техника ҫитӗнӗвӗсем, хальхи вӑхӑтри политикӑлла ыйтусем ҫинчен лекцисем ирттермелле, производствӑра малта пыракансемпе тӗл пулассине организацилемелле тата экскурсисем ирттерни питӗ усӑллӑ.

Экономикӑлла литературӑна харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренекенсен йышӗ ӳссе пырать. Ҫавна май парти организацийӗсен вӗсем валли лекцисем, консультацисем тата калаҫусем ирттермелле.

Экономикӑлла теорие вӗренме наглядлӑй пособисемпе усӑ курни пулӑшать. Партин Первомайски райкомӗ, сӑмахран, районти колхозсенче тырпул туxӑҫлӑхӗ, выльӑх-чӗрлӗхрен продукци илесси юлашки икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче мӗнле ӳссе пынине кӑтартакан таблицӑсем, районти малта пыракан колхозсен ҫитӗнӗвӗсене кӑтартса паракан диаграммӑсем хатӗрленӗ. Ку ӗҫа КПСС Вӑрнар тата Калинино райкомӗсем, Улатӑр хула комитечӗн парти библиотекисенче те начар мар йӗркеленӗ.

Экономикӑлла вӗренӗвӗн тӗрлӗ формисемпе меслечӗсем вӗренӗве идея тӗлӗшӗнчен ҫӳлӗ пусӑмра ирттерсен усӑллӑ тата витӗмлӗ пулаҫҫӗ. Ҫакна пурнӑҫлама пропагандистсем хатӗрлес ӗҫ ҫине тимлӗн пӑхмалла. Кружоксемпе семинарсене ертсе пыма, лекцисемпе консультацисем ирттерме экономикӑлла теорие практикӑлла ӗҫпе ҫыхӑнтарса вӗрентме пултаракан коммунистсене уйӑрас пулать. Ку енӗпе хӑшпӗр ӗҫсем туса ирттернӗ. Нумаях пулмасть КПСС обкомӗ ҫумӗнчи пӗр уйӑхлӑх курсран 200 ҫын ытла вӗренсе тухрӗ. Паллах, ку вӑл питӗ ҫитмелӗксӗр. Пропагандистсен пулма теори енчен хатӗрленнӗ, практикӑлла ӗҫре пысӑк опыт туяннӑ юлташсене ҫирӗплетмелле. Экономикӑлла теорие пропагандӑлакансене парти комитечӗсен куллен пулӑшса тӑмалла, вӗсен пултарулӑхне ӳстерсе пымалла.

Кружоксене, семинарсене тата шкулсене вӑраха ямасӑр, тӗрӗс йӗркелес пулать. Экономикӑлла теорие пурнӑҫпа тачӑ ҫыхӑнтарса вӗрентмелле.

Я. ВАСИЛЬЕВ.

# Производствӑна [illegible]

Техникӑпа технологие аталантарас тата улӑштарса ҫӗнетес ӗҫре рационализаторсемпе изобретательсен творчестви палӑрӑм вырӑн йышӑнать. Вӗсем кашни предприяти пурнӑҫӗнче ҫӗнӗ, прогрессивлӑ улшӑнусем тӑваҫҫӗ, продукци туса кӑларассине ӳстерме, унӑн пахалӑхне лайӑхлатма, йывӑр ӗҫсене ҫӑмӑллатма пулӑшаҫҫӗ. Пирӗн Канашри вагонсем юсакан заводри кустӑрма цех коллективӗ ӗҫ тухӑҫлӑхне, продукци туса кӑларассине ӳстерес енӗпе хӑшпӗр ӗҫсем туса ирттерет.

Ҫулталӑк пуҫламӑшӗнче рационализаторсем валли темиҫе тема туса хатӗрленӗ. Производствӑри ответлӑха хӑпартас майпа эпир планерӑвсене тата производствӑлла канашлусене рабочисене чӗнме, вӗсен шухӑшӗсене итлеме, вӗсемпе канашлама пуҫларӑмӑр. Ҫакӑ хӑйӗн результатне кӑтартрӗ. Кӑҫал цехра рационализаторсен пилӗк ҫӗнӗвне пурнӑҫлама тытӑнтӑмӑр. Ӑна ҫитеӗклӗ теме ҫук-ха. Ҫапах пирӗн пысӑках мар цех коллективӗшӗн вӑл та ҫитӗнӳ пулать. Мӗншӗн тесен ытти ҫулсенче цехра рационализаципе изобретательство ыйтӑвӗпе нимӗн те туман.

Пирӗн цехра чылай вӑхӑт хушши вагон кустӑрмисен ҫӗнӗ деталӗсене парса тӑрас ӗҫсене алӑ вӗҫҫӗн туса пынӑ. Ҫав ӗҫсене 5—6 ҫын тунӑ пулин те цеха кирлӗ чухлӗ детальсемпе материалсем вӑхӑтра парса тӑрайман. Ку вара продукци туса кӑларассине ӳстерме тата юсав ӗҫӗн хӑйне ларакан хакне чакарма чӑрмантарнӑ.

Малашне ун пек ӗҫлеме юраманнине кашни рабочи курса тӑнӑ. Малта пыракан рабочисемпе канашласа пӑхнӑ хыҫҫӑн, эпир цеха лебедка лартрӑмӑр. Халӗ детальсене ӗҫ вырӑнӗсем патне вагонеткӑсемпе пырса параҫҫӗ. Вагонеткисене электричество вӑйӗпе ӗҫлекен лебедка ӗҫлеттерет. Еҫе ҫапла механизацилени детальсене илсе пырассине хӑвӑртлатма ҫеҫ мар тата цехри расхода чылай чакарма май пачӗ. Кунсӑр пуҫне тата халӗ хушма ӗҫсенче куллен 2—3 ҫын ҫоҫ пулать.

Вагон кустӑрмисене юсассине механизацилениппе ремонтниксен ӗҫӗ ҫӑмӑлланчӗ. Б. Андреев инженер сӗнӗвӗ тӑрӑх цехра стенд пырнастарса лартнӑ. Халӗ кустӑрмасене механизмсемпе улӑштарса лартаҫҫӗ.

Темиҫе ҫул хушши цехра «Нема» фирмӑллӑ станок ахаль ларнӑ, мӗншӗн тесен токарьсем ӗҫсене урӑх оборудовани ҫинче тунӑ пирки вӑл кирлех пулман. Ҫав станока ӗҫлеттерес, ахаль тӑратас мар тесе инженер-технолог Ю. Дубровин станокӑн хӑшпӗр майӗсене улӑштарса ҫӗнетрӗ, унпа бандажнӑй участокра усӑ курма сӗнчӗ. Станок ӗҫлеме пуҫланӑ хыҫҫӑн бандажнӑй участок продукци туса кӑларассине икӗ хут ӳстерчӗ.

Манӑн сӗнӳ тӑрӑх бандажсене хӗстерессине сивӗлле майпа тума тытӑнни бандажниксен йывӑр ӗҫне ҫӑмӑллатма тата ҫӗнӗ детальсен вырӑнне кивӗ детальсемпе чылай усӑ курма май пачӗ.

Производство новаторӗсем Павлов, Орешин, Филиппов, Семин, Волков тата Елисеев юлташсем рационализаторла хаклӑ сӗнӳсем пачӗҫ, вӗсене пурнӑҫа кӗртме тытӑннӑ. Асӑннӑ юлташсем кирек мӗнле ӗҫа те творчествӑлла татса пама, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли, рабочисен ӗҫне ҫӑмӑллатмалли майсем тупма тӑрӑшаҫҫӗ.

Рационализаторла сӗнӳсене пурнӑҫласа пыни цех ӗҫӗнче пысӑк улшӑну тума май пачӗ. Елӗкрех цех юлса пынӑ пулсан, халӗ малта пыракансен ретне тӑчӗ, заданисене пур кӑтартусем тӑрӑх та тултарса пырать.

Рационализаторсемпе изобретательсен йышӗ, паллах, малашне татах та ӳсе пырасси пирки иккӗленмелли ҫук. Анчах вӗсен творчествӑлла активлӑхне цех тата завод руководителӗсен вӑйлатса пымалла. Ҫакна вара кирлӗ пек туса пыраҫҫӗ теме ҫук. Пӗр тӗслӗх илсе кӑтартма пулать. Шлифовальнӑй станок ҫинчи хӗстерекен роликӑн рычаг майне вӑрӑмлатасси ҫинчен сӗнӳ панӑранна чылай вӑхӑт иртрӗ. Ку сӗнӳ пӗлтерӗшне заводра лайӑх пӗлеҫҫӗ. Анчах ӑна халӗ те пурнӑҫа кӗртмен. «Канг» тата «Матиас Ракоши» станоксене улӑштарса лайӑхлатас енӗпе панӑ сӗнӳ пирки те ҫавнах каламалла. Ӑна пурнӑҫлассине те вӑраха тӑсса пыраҫҫӗ.

Я. ТИМОФЕЕВ.
Канашри вагонсем юсакан заводри кустӑрма цех начальникӗн ӗҫӗсене туса пыраканӗ.

Юлашки почтӑран

# Куҫпа курмасӑр

Елчӗк районӗнчи Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем пурте тенӗ пекех районти «Колхоз ялавӗ» хаҫата илсе вулаҫҫӗ. Ҫакна май вӗсен час-часах тӗлӗнмелле статьясем пичетленсе тухнине те асӑрхама тивет. Акӑ, августӑн 2-мӗшӗнче «Комбайнсем тухӑҫлӑ ӗҫлемеҫҫӗ» ятлӑ статья пичетленсе тухрӗ. Ӑна рейд бригади ҫырса панӑ пулнӑ. Анчах та статья вара бригада членӗсем ҫырса панӑ пек пичетленсе тухман. Редакци йӑлтах урӑхла, суя даннӑйсемпе пичетленӗ. Халӗ вара мӗншӗн хаҫат рейдӗпе бригади членӗсем тӗрӗс ҫырмаҫҫӗ, теҫҫӗ колхозниксем.

Юлашкинчен статьяна мӗншӗн урӑхлатса пичетленине тӗрӗслеме тиврӗ. Мичурин колхозран Григорьев, Курчин, Ертмаков юлташсем «Колхоз ялавӗ» хаҫата ҫырса панӑ статьяна Елчӗк МТС-ӗн партбюро секретарӗ А. Семенов юлташ пулӑшнипе пӑсса хунӑ иккен. А. Семенов юлташ, Мичурин ячӗпе тӑракан колхоза тырӑ вырма тухнӑранпа пӗрре пырса курмасӑрах, кӑмӑлне кайман механизаторсене хӗсме пиҫеннӗ. Вӑл «Комбайнсем тухӑҫлӑ ӗҫлемеҫҫӗ» статьяна «МТС-ӑн А. Мякинин юлташ ертсе пыракан 11-мӗш трактор бригадинчи В. Павлов юлташ ӗҫлекен С-4 комбайн июлӗн 31-мӗшӗ тӗлне пурӗ те 5 гектар ӑна ыраш вырнӑ»,—тесе тӳрлетнӗ. Чӑннипе вара В. Павлов тата Е. Яковлев комбайнерсем 11-мӗш трактор бригадинче ҫук. Кунта А. Павловпа Я. Егоров юлташсем ӗҫлеҫҫӗ. А. Павлов юлташ июлӗн 31-мӗшӗ тӗлне «пурӗ 5 гектар мар», 45 гектар ҫинчен ыраша пӑрса пуҫтарнӑ.

Ку кӑна мар-ха. Августӑн 5-мӗшӗнче «Колхоз ялавӗ» хаҫатра А. Семенов юлташӑн «Механизаторсен ӑмӑртӑвӗ» ятлӑ статьи пичетленсе тухрӗ. Вӑл кунта «МК-1100» молотилка авӑн ҫапнӑ ҫӗрте пысӑк вӑй пулса тӑни ҫинчен калать. «Свердлов ячӗпе, Мичурин ячӗпе, Карл Маркс ячӗпе тӑракан колхозсенче Ефимов, Угольников, Петров механизаторсем «МК-1100» молотилкӑсемпе тырӑ ҫапаҫҫӗ. Молотилкӑпа ӗҫлекен механизаторсем хӑйсен сменӑри нормине ирттерсе тултараҫҫӗ»,—тесе ҫырать А. Семенов. Анчах та ку та йӑлтах урӑхла. Августӑн 5-мӗшӗ тӗлне мар, 8-мӗшӗ тӗлне те Мичурин ячӗпе тӑракан колхоза «МК-1100» молотилкӑпа ӗҫлекен механизаторсем пырса курман-ха.

— Мӗнле-ха ку, акмасӑрах тырӑ акӑнать, ҫапмасӑрах авӑн ҫапӑнать. Айӑпсӑррисене айӑплаҫҫӗ, айӑплисене пуҫран маттур тесе шӑлаҫҫӗ. Тӑрӑшса ӗҫленӗ ҫӗртенех ӗҫлес килми пула пуҫлать,—теҫҫӗ МТС-ӑн 11-мӗш трактор бригадинче ӗҫлекен механизаторсем.

Халӑх тӗлӗнет А. Семенов юлташ ӗҫӗсенчен. «Халӑхпа курнӑҫмасӑрах вӗсен ӗҫне хаклать»—теҫҫӗ вулакансем.

С. ГРИГОРЬЕВ.

Фельетон

# ПЫЛ ТА ҪУ...

Тепӗр чухне уйӑнче йӑтӑнса анас пек сумӑр каплански килет. Тӳпере хура та сӑрӑ пӗлӗт явӑнать, аслати кӗрлет, ҫил-тӑвӑл алхасать. Ӳпӑсрен сапнӑ пек ҫумӑр ҫӑвасси кӗтетӗн, аҫа ҫапассӑн туйӑнать.

Чӑннипе вара пӑтӑр-пӑтӑр ӳккелекен ҫумӑр тусана та нусӑрлантарайнасть. Часах хӗвел кулса ярать, тӳпере тӑри юрӑ шӑрантарать, кил хушшинчи автан ҫунат ҫапса авӑтать, чечек тавра лӗпӗш явӑнать...

Ҫутҫанталӑкра ҫеҫ мар, пурнӑҫра та ҫавӑн пек пулать-мӗн.

...Пӗррехинче, ҫулталӑк пуҫланас умӗн, Шупашкарти ҫу заводне Маслопром трестӗнчен ревизи пырсе ҫитнӗ. Ку ревизи ытти тисем пек йӑваш пулман: акт ҫине курнине курнӑ, илтнине илтнӗ, пӗлнине пӗлнӗ тесех ҫырнӑ.

Ҫу заводӗнче виҫӗ тонна тӑпӑрч шывӗ ҫитменни палӑрнӑ. Шыв нимӗнех те мар, вӑхӑтра пырса илекенӗ пулман пулӗ, кӑларса тӑкма та пултарнӑ. Анчах сахӑр песокӗ ӑҫта кайса кӗме пултарнӑ-ха? 275,9 килограмм ҫитмен вӑл. Заводран утса тухма песокӑн ури ҫук, вӗҫсе кайма ҫунат ҫук, ҫапах та виҫӗр килограма яхӑн сахӑр песокӗ ҫухалнӑ.

887 килограмм ҫыр? Вӑл ҫухалман та, хула халӑхӗ те илеймен ӑна. Ҫыр—брак пулнӑ. Завод умӗнчи-тӑрӑн ҫырмана тухса тӑкиччен сысначене ҫитерме юрӑхлӑ пултӑр тесе, ҫыра йӳнӗ хакпа сутнӑ.

Ҫак йӗркесӗрлӗхсем пирки ҫырнӑ акт Маслопром трестне ҫитсе выртнӑ. Главнӑй инженер Рукавишникова юлташ пӗр сакант ҫак акта управляющи патне ҫитерме шикленсе пурӑннӑ. Трест управляющийӗ Петр Николаевич Кузнецов ку акта курсан хӗрелсе-шуралса кайнӑ: акта сӗтел сунтӑхне персе чикме май ҫук, заводри ҫитменлӗхсем сӑнӑ пекех курӑнса тӑраҫҫӗ.

Юлашкинчен приказ ҫураласа тухать. Приказне вулама пуҫласан, кукша пуҫлисен те ҫӳҫ-пуҫӗ вирелле тӑрса кайӗ. Мӗнле йӗплӗ сӑмах ҫук пулӗ унта: продуктсем усракан складсем лапра айне пулнӑ, ҫыр ҫӗрсе кайнӑ, чӗртавар расходламалли нормӑсене пӑхӑнмаҫҫӗ, сахӑр песокӗ ҫитмест, пыл ҫитмест, ҫу ҫитмест, техническии контроль ҫук т. ыт. те. Хӑшне-пӗрне лекмеллипех лекет ӗнтӗ, тесе вулатӑн приказа.

Йӑнӑшатӑн, вулакан юлташӑм. Маслопром трестӗн управляющийӗ Кузнецов юлташ мӗн тумаллине лайӑх пӗлет. Вӑл Башкирова лаборанткӑна выговор парать, виҫӗ пин тенкӗлӗх тӗрлӗ продукт ҫитменшӗн Лебедева мастера выговор парса мастер помощникӗ туса хурать, Кузнецова технолога «на вид» лартать. Ҫапла вара никамран ытларах айӑплӑ технолог никамран сахалтарах ят илтет.

Пӗрме тӑрӑх технолог завод директорне пӑхӑнмалла, чӑннипе ҫу завочӗн руководителӗ технолог кусӗнчен пӑхса пурӑнать. Технолог Вера Сильверстовна Кузнецова ӗҫе куллен машинӑпа пырать, завод директорӗ Валентин Алексеевич Чистяков урасӑр пулин те ӗҫе ҫуран ҫӳрет. Технолог ӗҫе хӑҫан пырас тенӗ, ҫавӑн чухне пырать, ӗҫрен хӑҫан тухса каяс тенӗ, ҫавӑн чухне тухса каять, мӗн кӑмӑлла кайнӑ, заводран ҫавна сӗтӗрет,—вӑтанмасӑр, шикленмесӗр, хӑрамасӑр вӑл хӑйне хӑй ҫапла тыткалать. Завод директорӗ технолога хирӗҫ сӑмах уҫса калама та хӑрать.

— Эх, хӑҫан мана ҫак технологран хӑтарӗҫ-ши,—тӑкӑнӑ ҫархаслать Валентин Алексеевич хӑйӗн ӑшӗнче.

Ҫак хутӑра Вера Сильверстовна ҫупа сыр ҫинче ишсе пурӑнать. Кӑҫал ҫичӗ уйӑх ҫурӑра вӑл мӗн пурӗ те уйӑх ҫурӑ ҫеҫ ӗҫленӗ.

Кӑҫалхи ҫуркунне ҫутҫанталӑк сарӑлса чечеке ларас умӗн, технолог Хура тинӗс хӗррине курорта тухса каять.

Вера Сильверстовна Хура тинӗсе ытараймиче юратса пӑрахать. Курортран таврӑнса ҫур уйӑх ӗҫлем пекки тӑвать те каллех курорта тухса шӑвӑнать. Халиччен пӗччен мар, хӗрӗпе иккӗшӗ тинӗс хӗррине ҫул тытаҫҫӗ. Ҫу завочӗ технолога ҫулталӑкне икӗ хут отпуск парать.

Августӑн 9-мӗшӗнче Вера Сильверстовна ӗҫе тухмалла пулнӑ. Вӑл Крымран завода мар, трест управляющийӗ патне ҫыру ҫырать, ҫырупа пӗрле завод руководителӗ патне заявлени ҫырса ярать, заявленире отпуска сентябрӗн 1-мӗшӗччен тӑсма ыйтать. Ҫу чирӗнчен хӑварт хӑтӑлма ҫук имӗш, усал чир вӑл пӑтпа пырса кӗрет те золотникпе тухать.

Шупашкарти ҫу завочӗ брак хыҫҫӑн брак тӑвать, суту-илӳ предприятийӗсем унӑн продукцийӗнчен алӑ сулсах пӑрӑнаҫҫӗ. Анчах завод руководителӗсем кашни кварталта тенӗ пекех прогрессивка илеҫҫӗ. Премине илнӗ чухне технолог та аякра тӑмасть. Вера Сильверстовна ҫулталӑк та виҫӗ уйӑхра кӑна 3.400 тенкӗ преми илнӗ, ҫав шутран продукци пахалӑхӗшӗн 1.050 тенкӗ. Ку таранччен бракшӑн преми памалли йӗрке пулман пулсан, Маслопром трестне ертсе пыракансен ҫӑмӑл алли ҫавӑн пек йӗрке туса хунӑ.

Шупашкарти ҫу завочӗн технологӗ трест управляющине те хытах шиклентерет. Тӗлӗнмелли нимӗн те ҫук. Петр Николаевич Кузнецов службара управляющи, килте пырсан Вера Сильверстовна Кузнецова хӑй «управляющи», вӑл Петр Николаевичӑн арӑмӗ-ҫке.

Вера Сильверстовӑшӑн пулсан, ҫу завочӗ государство предприятийӗ мар, килти тӗпел кукри. Коммунист Кузнецов ҫакӑнпа йӑлтах килӗшет, килӗшет ҫеҫ те мар, государство пурлӑхне упрама пӗлменсене хӳтӗлет.

В. МАКЛАЙ,
П. ИВАНОВ.

Килто...



Ӗҫре...



Ӳкерчӗксем Н. Яковлевӑн.

Учительсен канашлӑвӗсем умӗн

# Ӗҫ ҫине коммунистла пӑхма вӗрентесси

Ачасене воспитани парасси вӗсене ӗҫе юратма вӗрентес ыйтупа таччӑн ҫыхӑнса тӑрать. Шкулта вӗренекен ҫамрӑк малашне кирек хӑш отраслӗре ӗҫлеме хатӗрленесен те пӗчӗкренех ӗҫе юратма хӑнӑхмасан обществӑна кирлӗ чухлӗ усӑ пама пултараймасть. Ҫавӑнпа та ӗнтӗ шкул политехникӑлла пӗлӳ никӗсӗсене паллаштарнипе пӗрлех ачасене кирек мӗнле ӗҫа те—йывӑррине те, ҫӑмӑллине те—юратма вӗрентмелле.

Ҫапах та ҫакна каламалла: халӗхе шкулта та, ҫемьере те колхоз производствине, ялхуҫалӑх ӗҫне вӗрентессине тивӗҫлипе хакламанни палӑрать. Вӑтам шкултан вӗренсе тухакансенчен чылайӑшӗ хӑйсене колхозра ӗҫлеме тивӗҫлӗ ҫынсем тесе шутламаҫҫӗ. Анчах вӗсене кӑтартакан ӗҫ хушма май ҫук, мӗншӗн тесен вӗсен квалификаци ҫитмест. Хӑшпӗр колхоз председателӗсемпе бригадирсем каласа панӑ тӑрӑх, хӑшне-пӗрне молотилка патӗнче ӗҫлеттерме те иккӗленмелле.

Вӗренсе тухакансенчен хӑшӗсем ачасем «хура» ӗҫ тума юратманни шкулсенче воспитани ӗҫӗ ҫитеймесӗр пулнинчен килет. Пирӗн учебниксенче ялхуҫалӑх ӗҫӗн романтикине, социализмла ялхуҫалӑх аталанӑвӗн малашлӑхне, ялхуҫалӑхӗнче малта пыракансен паха опытне кӑтартса паракан материалсем сахал пулнӑ. Шкул ҫумӗнчи опытлӑ участоксене пӗлсе йӗркеленмен, унта ӗҫсем вырӑнти колхоз экономикипе, профилӗпе ҫыхӑнса тӑман. Сборниксене пионерсем писательсемпе, Совет Союзӗн геройӗсемпе, летчиксемпе тата ытти сумлӑ ҫынсемпе ытларах тӗл пулса калаҫнӑ. Анчах ялхуҫалӑхӗнчи малта пыракансене, бригадирсене, тракторсемпе комбайнерсене, колхоз председателӗсене пионерсен сборӗсене чӗнме аса та илмен. Ҫавӑнпа ӗнтӗ ачасем хураласа кайнӑ специальсем тӑхӑннӑ ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем обществӑшӑн мӗн пек усӑллӑ ӗҫ тунине тӗплӗн пӗлме те пултараймаҫҫӗ.

Ашшӗ-амӑшӗсем хушшинче педагогика пӗлӗвӗсене сарас ӗҫе те кирлӗ пек туса пыман.

Ачасене ӗҫе вӗрентсе ҫитӗнтересси—коммунизмла воспитанире чи кирли—чӑн малтан ҫемьере пуҫланать. Ашшӗ-амӑшӗсем ӗҫе юратакан, чӑн-чӑн совет патриочӗсем пулсан, ҫав ҫемьере ҫитӗнекен ачасем ӳсӗмрен обществӑшӑн питӗ кирлӗ те лайӑх ҫынсем пулаҫҫӗ. Ӗҫе юратакан ҫемьере кирек хӑҫан та ачасем ӗҫчен пулаҫҫӗ, шкулта лайӑх вӗренеҫҫӗ, ашшӗ-амӑшӗсене пулӑшаҫҫӗ, кайранпа вара колхоз производствинче тата промышленносра ӗҫлеме пуҫлаҫҫӗ. Ҫапах та государствӑна, колхоза сахалтарах парас, анчах вӗсенчен ытларах илес шутпа пурӑнакан ҫемьесем те пурҫ. Ҫавнашкал ҫемьесенче ҫитӗнсен ачасем кайран нахалсем пулаҫҫӗ.

Ишлей районӗнчи «11 лет Чувашии» колхозра Анатолий Васильевич Зверев ҫемйи пурӑнать. Анатолий Васильевич чаплӑ тимӗрҫӗ. Ялйышсем ӑна лайӑх тимӗрҫӗ пулнишӗн кӑна мар, вӑл ачисене лайӑх воспитани пама пӗлнишӗн хисеплеҫҫӗ. Унӑн ҫичӗ ача. Аслӑ хӗрӗ Галина Шупашкарти кооператив техникумӗнчен питӗ лайӑх вӗренсе тухрӗ. Леонид энергетика техникумӗнче вӗренет. Виҫӗ ачи—Анат Кӑнерти вӑтам шкулта, виҫҫӗшӗ те отличниксем. Вӗсем пурте хӑйсене лайӑх тыткалаҫҫӗ, наттисене тата ашшӗ-амӑшӗсене хисеплеҫҫӗ, обществӑлла ӗҫе те активлӑ хутшӑнаҫҫӗ. Аслашшӗпе асламӑшӗ, Анатолий Васильевич ашшӗпе амӑшӗ, мӑнукӗсене воспитани пама пулӑшаҫҫӗ. Патша саманинчи йывӑр пурнӑҫ ҫинчен каласа парса, ваттисем ачасене советлӑ Тӑван ҫӗршыва, колхозлӑ строя юратма вӗрентеҫҫӗ. Ачасем мӗн пӗчӗкренех ӗҫлесе ӳсеҫҫӗ: пӳрт ӑшчиккине тирпейлеҫҫӗ, килкартинче, пахчара, колхозра ӗҫлеҫҫӗ, выльӑх-чӗрлӗх пӑхаҫҫӗ. Ӗҫленипе пӗрлех вӗсем выляма та вӑхӑт тупаҫҫӗ.

Ачасене ӗҫе вӗрентес тӗлӗшпе ашшӗ-амӑшӗсем кӑна мар, учительсем, пионер тата комсомол организацийӗсем те пысӑк вырӑн йышӑнса тӑмалла. Уроксенче учитель социализмла ӗҫ героики ҫинчен, промышленноҫпа ялхуҫалӑх техникин новаторӗсемпе рационализаторӗсем ҫинчен каласа памалла, вӗсем ҫинчен ҫырнӑ произведенисен идейӑллӑ содержанине тарӑнрах уҫса памалла.

Хальхи вӑхӑтра шкулсем политехникӑлла вӗрентӗве пурнӑҫлас тӗлӗшпе чылай опыт пухнӑ. Шкул ҫумӗнчи опытлӑ участоксенче, урокенче, ялхуҫалӑхне, электротехникӑна тата машиноведение вӗренмелли практикумсенче, промышленность предприятийӗсенче, МТС-сенче, колхозсенче, совхозсенче пулса, техникӑлла ирӗксене ӗҫлесе ачасем практикӑлла пӗлӳсем илеҫҫӗ. Анчах ҫак ӗҫе лайӑх йӗркелени кирлӗ.

Учитель ачасене колхозра, выльӑх-чӗрлӗх фермине ӗҫлеттерес тет пулсан, чи малтан унӑн хӑйӗн урока хатӗрленнӗ пекех тӗплӗн хатӗрленмелле. Пӗррехинче, акӑ, Анат Кӑнерти вӑтам шкулта ӗҫлекен учительсем ачасене колхоза йывӑҫсем лартма илсе тухнӑ. Йывӑҫ лартнин усси ҫинчен каласа памасӑрах вӗсем 7—8-мӗш классенче вӗренекенсене ӗҫлеттерме тытӑнчӗҫ. Анчах эпӗ ачасене кӑштах тӑхтама хушрӑм, вӗсене йывӑҫ лартасси ҫинчен ӑнлантарса патӑм. Кашни вӗренекенӗн йывӑҫ лартма 20-шер шӑтӑк алтмаллаччӗ, ӗҫе ачасем часах вӗҫлерӗҫ. Вӗсен учительне ку сахал пек туйӑннӑ иккен, вӑл ачасене тепӗр хут пухса тата 40-шер шӑтӑк алтма хушать. Ятлаҫа-ятлаҫа шӑтӑксене чавтарса пӗтернӗ, анчах ҫак ӗҫ ҫинчен кайран учитель те, ачасем те манса кайнӑ, ҫу каҫиччен шӑтӑксем курӑк айне пулнӑ.

Кукуруза лартнӑ чухне те ҫавнах курма тӳр килчӗ. Улеева, Семенова, Маданова учительсем ачасене кукуруза агротехники ҫинчен ӑнлантарса пачӗҫ, пӗрле ӗҫлерӗҫ, ӗҫ анӑҫлӑ вӗҫленчӗ. Тепӗр лаптӑк ҫинче Ильина тата Бубнова учительницӑсем ӗҫе йӗркелеме пӗлменни палӑрчӗ. Вӗсем ачасене кукуруза лартнӑ ҫӗре илсе пынӑ та хӑйсем кӑшт айккинерех кайса усӑлса ҫӳренӗ. Ачасем хӑйсен пӗсӗйисене кукуруза вӑрлӑхӗ тултарнӑ та пӗрерӗн-икшерӗнех саласа кайнӑ. Ҫавӑн хыҫҫӑн ҫак участокра пӗри те пулса курман.

Ишлейри вӑтам шкулти учительсем ачасене ӗҫе вӗрентес тӗлӗшпе нумай ӗҫсем туса ирттернӗ. Учительсем вӗренекенсене «Знамя коммунизма» колхоз экономикипе паллаштарнӑ. Шкулта йывӑҫран тата металран япаласем тума вӗренмелли мастерскойсем усӑ. Икӗ ҫул хушши трактор вӗренмелли кружок ӗҫленӗ. Опытлӑ участок анӑх мар, унсӑр пуҫне шкул питомникӗнче 30.000 ҫамрӑк улмуҫҫи ҫитӗнтереҫҫӗ. Хӑлехи вӑхӑтра 5—9-мӗш классенче вӗренекенсем колхоз уй-хирӗнче юр тытнӑ, вырӑнти удобренисем пухнӑ, выльӑхсене пӑхнӑ. Ачасен вӑйӗпе ҫӗнӗ сад, шкул умӗнче чечексем лартнӑ, физкультура площадки, тӑватӑ парник тунӑ. Любимов учитель ертсе пынипе вӗренекенсем шкулта радиоузел тунӑ. Колхоз производствине те Ишлейри вӑтам шкулти 5—10-мӗш классенче вӗренекенсем активлӑ хутшӑнаҫҫӗ. 1955 ҫулта 189 ача 10.860 ӗҫкунӗ тунӑ.

Малта пыракан учительсем техникӑлла кружоксене ертсе пыраҫҫӗ. Районти пур ҫичӗ ҫул вӗренмелли тата вӑтам шкулсенче техника, алӗҫ, ҫамрӑк натуралистсен кружокӗсем ӗҫленӗ. Сыпайкассинчи ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулти радиотехника кружокне Савельев учитель ертсе пырать. Хӑй вӑл вырӑс чӗлхи вӗрентекен учитель пулсан та ку енӗпе ытти специалистсенчен нумай лайӑхрах ӗҫлет. Иртнӗ вӗренӳ ҫулӗнче кружок членӗсем пӗр лампӑллӑ тата икӗ лампӑллӑ 12 радиоприемник тунӑ. Ҫакнашкал тӗслӗхсем нумай илсе кӑтартма пулать.

Ачасен обществӑшӑн усӑллӑ ӗҫне тӗрлӗрен йӗркелеме пулать. Ялти шкулсене ачасем темиҫе ялтан ҫӳреҫҫӗ. Ҫавӑнпа та ӗнтӗ ачасен бригадисемпе звенисене йӗркелесен аванрах. Звенона е бригадӑна шкул вырнаҫнӑ ялта пурӑнакан ачасем кӗреҫҫӗ. Ытти ялсенче те ҫавӑн пек звеносем тума кирлӗ. Май ҫук пулсан, ачасем аслисемпе пӗрле ӗҫлеҫҫӗ, ҫапах та вӗсен ӗҫне учительсенех ертсе пымалла, бригадирсемпе каласса ачасене пӗлӳ ытларах илме май паракан ӗҫе тӑратмалла.

Ҫуркунне е кӗркуйне колхоз ӗҫне пӗтӗм шкул коллективӗ пӗрле тухнӑ вӑхӑтсем пулаҫҫӗ. Ҫавӑн пек чухне колхозсем ачасене ӗҫкунӗсем лартса парасшӑн мар. Колхоз правленийӗ ҫак ӗҫшӗн шкула тӳлет, Кун пек туни пур чухне те тӗрӗс пулмасть, кашни ачана ӗҫкунӗ уйрӑм ҫырса парсан лайӑхрах. Тунӑ ӗҫшӗн колхоз шкула тӳлемелле тӑвас пулсан, ашшӗ-амӑшӗсемпе каласса татӑлмалла.

Ҫавӑн пекех ашшӗ-амӑшӗсем ачасем ӗҫлесе илнӗ ӗҫкунӗсене хӑйсем ҫине ҫыртарса йӑнӑш тӑваҫҫӗ. Ялхуҫалӑх сулӗ вӗсленнӗ тӗле ашшӗ е амӑшӗ колхоз правленийӗнчен тавӑрӑнсан кашни ачи тата ҫемье пӗтӗмӗшпе миҫе ӗҫкунӗ туни, мӗн чухлӗ тырӑ тивесси ҫинчен каласа пани питӗ савӑнтарать! Паллах ӗнтӗ, ача хӑйӗн ӗҫӗн результачӗсене курса тӑни ӑна малашне тата лайӑхрах ӗҫлеме хавхалантарать.

Ачасене ӗҫе вӗрентсе ҫитӗнтересси ҫинчен халӗ нумай ҫыраҫҫӗ те, калаҫаҫҫӗ те. Ҫак ыйтӑва хӑшпӗр ҫынсем халӗ те тӗрӗс ӑнланса илейменни палӑрать. Пӗр учительница хӑйӗн шӑллӗ патне акӑ мӗнле ҫыру янӑ: «Хамӑн коллегӑсене эсӗ шофера вӗренсе тухни ҫинчен калама та намӑс пулчӗ»,—тет. Ҫак учительница хальхи автомобиль техники мӗнешкел кӑткӑс пулнине, шофер пулас тесен, нумай пӗлӳ кирлине пӗлмест пулмалла.

Пӗррехинче пирӗн районти шкул директорӗсем канашлура МТС руководителӗсемпе тата колхоз председателӗсемпе тӗл пулчӗҫ. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Тереев юлташ педагогика институтӗнче вӗренекен студентсем хушшинче «хура ӗҫе» хисеплемен ҫынсем пурри ҫинчен каласа пачӗ. Уйрӑм студентсем аллисене шурӑ перчаткӑсем тӑхӑннӑ та кӑларнӑ ҫӗрулмине корзинкӑна пӗрерӗн-пӗрерӗн илсе пырса хураҫҫӗ. «Ҫӗрулми пухмалли корзинкӑна йӑтса ҫӳремеллине тавҫӑрса илейменни мар кунта, хӑйсене интеллигентлӑ ҫынсен вырӑнне хунине кӑтартса парасшӑн»,—терӗ Тереев юлташ.

Ҫав колхозрах колхозниксем ҫапнӑ тырра витмесӗр пӑрахса хӑварнӑ пулнӑ.

— Ҫумӑр ҫума пултарать, витсе хурарӑх ҫав тырра,—ыйтнӑ председатель.

— Эсир пире ҫӗрле ӗҫлеттерме пултараймастӑр! Гражданасен кану прави пурри ҫинчен Конституцире ҫырса хунӑ,—хирӗҫленӗ ӑна пӗр студент...

Ҫакнашкал киревсӗр тӗслӗхсем час-часах тӗл пулаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл ачасем хушшинче кӑна мар, учительсем, уйрӑмах пулас учительсем хушшинче те воспитани ӗҫне тӗпрен вӑйлатмаллине пӗлтерет.

Е. ЕЛЬКИН.
Ишлей районӗнчи ҫутӗҫ пайӗн педагогика кабинечӗн заведующийӗ.

# Колхозсем хуçалăх çулĕн 10 уйăхĕнче сĕт суса илнĕ

| Колхозсем | Районсем | Кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа): 1955 султи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 султи августăн 1-мĕшне çитиччен | 1954 султи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1955 султи августăн 1-мĕшĕччен пулнă | Июль уйăхĕнче: 1956 султа | 1955 султа | 100 гектар çĕр пуçне сĕт илнĕ (центнерпа): 1956 султа | 1955 султа | Колхоз председателĕсем |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| **М а л т а   п ы р а ç ç ĕ** | | | | | | | | |
| «Победа» колхоз | Улатăр | 2796 | 2359 | 361 | 361 | 148,6 | 114,8 | М. С. Митин |
| Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 2739 | 2366 | 333 | 350 | 158,1 | 121,9 | В. В. Зайцев |
| Ленин ячĕпе тăракан колхоз (Кольцовка) | Вăрнар | 2733 | 2238 | 354 | 379 | 176,0 | 137,0 | С. К. Коротков |
| «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 2721 | 1792 | 373 | 307 | 141,8 | 88,2 | М. Г. Долгов |
| Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 2536 | 2406 | 260 | 178 | 147,3 | 128,8 | Ф. П. Юхтанов |
| Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 2365 | 2253 | 311 | 293 | 159,0 | 115,2 | И. В. Васильев |
| «Комбинат» колхоз | Çĕмĕрле | 2196 | 1498 | 276 | 214 | 119,1 | 75,4 | И. Г. Моисеев |
| «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 2078 | 1345 | 299 | 315 | 91,8 | 57,4 | А. Н. Павлов |
| «Путь Ильича» колхоз | Улатăр | 2069 | 1062 | 317 | 296 | 72,6 | 38,1 | А. А. Яблонский |
| «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 2043 | 1359 | 305 | 253 | 99,7 | 57,0 | П. Я. Яковлев |
| «Победа Октября» колхоз | Улатăр | 1944 | 1182 | 317 | 281 | 103,3 | 59,9 | П. М. Душенков |
| Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 1930 | 1500 | 227 | 203 | 113,0 | 79,0 | А. С. Семенов |
| Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 1903 | 1784 | 250 | 246 | 102,5 | 96,1 | М. Н. Князьков |
| Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Шăмăршă | 1898 | 1136 | 312 | 251 | 76,9 | 38,4 | В. Н. Падюков |
| «Первомайский» колхоз | Улатăр | 1894 | 981 | 252 | 192 | 78,9 | 34,4 | А. П. Бурмистров |
| Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 1883 | 1971 | 223 | 220 | 86,1 | 77,4 | В. П. Орлов |
| Фрунзе ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 1857 | 1443 | 295 | 325 | 82,2 | 55,0 | В. П. Радченко |
| «Красная Поляна» колхоз | Первомайски | 1856 | 1116 | 302 | 250 | 94,0 | 53,6 | П. М. Степанов |
| «Красный Октябрь» колхоз | Муркаш | 1834 | 1461 | 181 | 203 | 101,1 | 72,7 | А. Ф. Федоров |
| Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 1826 | 1591 | 201 | 195 | 112,0 | 85,0 | Н. П. Петров |
| «Труд» колхоз | Çĕмĕрле | 1825 | 1135 | 339 | 196 | 84,6 | 45,5 | Ф. П. Зайцев |
| «Стахановец» колхоз | Улатăр | 1819 | 818 | 356 | 210 | 46,1 | 22,5 | И. А. Белов |
| Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 1813 | 1876 | 164 | 146 | 112,1 | 104,7 | Е. А. Андреев |
| Киров ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 1790 | 1206 | 286 | 241 | 202,8 | 162,6 | Н. И. Иванов |
| Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Улатăр | 1768 | 751 | 307 | 196 | 58,2 | 24,2 | А. С. Кистулин |
| «Красный луч» колхоз | Улатăр | 1764 | 1245 | 217 | 164 | 85,1 | 59,1 | А. В. Лёнин |
| Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз | Элĕк | 1722 | 886 | 227 | 175 | 73,4 | 36,4 | И. А. Ананьев |
| «Аврора» колхоз | Муркаш | 1719 | 1362 | 269 | 242 | 94,3 | 75,4 | В. Т. Сорокин |
| Свердлов ячĕпе тăракан колхоз | Çĕмĕрле | 1709 | 1124 | 300 | 218 | 72,0 | 39,5 | А. Г. Тарасов |
| **Ю л с а   п ы р а ç ç ĕ** | | | | | | | | |
| Киров ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕр | 170 | 447 | 45 | 98 | 7,5 | 18,0 | А. Г. Гусев |
| Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Октябрьски | 268 | 358 | 74 | 114 | 7,6 | 9,1 | А. М. Иванов |
| «1-ое Мая» колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 278 | 550 | 92 | 119 | 8,5 | 15,7 | П. Г. Григорьев |
| Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 283 | 425 | 50 | 74 | 14,0 | 23,5 | Н. М. Михайлов |
| Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 285 | 406 | 83 | 96 | 5,4 | 6,6 | Н. Н. Шмелев |
| Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 296 | 345 | 59 | 67 | 11,1 | 12,5 | Г. З. Вишневский |
| Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | 315 | 475 | 75 | 138 | 3,9 | 5,2 | И. П. Ананьев |
| «Светлый путь» колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 340 | 505 | 72 | 143 | 12,4 | 20,7 | В. А. Плотников |
| Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 369 | 355 | 71 | 66 | 14,7 | 14,9 | Н. А. Кузнецов |
| Киров ячĕпе тăракан колхоз | Октябрьски | 372 | 447 | 85 | 110 | 9,9 | 11,9 | А. М. Веселов |
| «Комсомолец» колхоз | Чурачăк | 372 | 597 | 73 | 122 | 11,0 | 21,2 | Н. Г. Григорьев |
| Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Иçлей | 386 | 678 | 132 | 155 | 6,7 | 12,8 | Х. А. Васильев |
| Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 387 | 514 | 99 | 94 | 19,8 | 28,3 | А. С. Семенов |
| «Правда» колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 391 | 764 | 64 | 108 | 15,4 | 28,5 | Н. М. Михайлов |
| «Свобода» колхоз | Октябрьски | 409 | 518 | 125 | 120 | 10,5 | 13,0 | А. И. Иванов |
| «Верный путь» колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 418 | 476 | 53 | 108 | 11,9 | 10,2 | В. А. Юросов |
| «Передовик» колхоз | Сĕнтĕр | 427 | 599 | 57 | 132 | 19,5 | 27,2 | В. А. Корнилов |
| Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 427 | 644 | 85 | 125 | 9,8 | 13,5 | С. А. Алексеев |
| Каганович ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 428 | 728 | 103 | 126 | 8,5 | 12,4 | С. Ф. Федоров |
| Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Иçлей | 453 | 526 | 128 | 118 | 16,4 | 18,1 | С. А. Андреев |

## Гектартан 30—40 центнер кукуруза тĕшши

Пирĕн колхоз пĕлтĕр малтанхи хут пысăк лаптăк çинче кукуруза туса илчĕ.

Колхозра кукуруза туса илме кашни бригадăра уйрăм звено тунă. Эпĕ 3-мĕш уй-хир бригадинчи звенона ертсе пыратăп. Кăçал пире 13 гектар уйăрса панă.

Паллах, тухăçлă кукуруза хăй тĕллĕн çитĕнмест. Унăн калчисене вăхăтра тата лайăх пăхса çитĕнтерни кирлĕ. Акнă хыççăн, пилĕк-ултă кун иртсен, кукуруза уйне пĕррремĕш хут сӳрелерĕмĕр. Калчасем шăтса тухрĕç, вара тĕмсем таврашĕнчи тăпрана кăпкалатрăмăр. Участокри тăпра пĕр пек пулмасть, хăшпĕр вырăнсенче час типет. Эпир типсе кайнă вырăнсенчи тăпрана катоксемпе пусартăмăр. Çапла вăрлăх хăвăртрах тата тикĕс шăтса тухрĕ.

Сумкурăксем кукуруза калчипе пĕр вăхăтрах çитĕнеççĕ. Эпир сумкурăксене малтанхи хут сӳрелесе тасатрăмăр. Калчасем ик-виçĕ çулçă кăларсан, тракторпа пĕр майлă культиваци турăмăр.

Ретсем хушшине тракторпа кăпкалатни ĕçе çăмăллатать. Çапах та культиваторпа калча çумĕнчи сумкурăксене пĕтĕмпех тасатма май çук. Çак ĕçе алăпах тăватпăр. Калчасем ӳснĕ май ретсем хушшине икĕ хутчен алăпа çумларăмăр тата пĕр хутчен катмаксемпе кăпкалатрăмăр. Малтанхи хут алăпа çумланă хыççăн калчасене çĕрĕк тăприпе апат патăмăр, тĕмсен таврашне купăласа тухрăмăр.

Пирĕн звено кукурузăна тĕштырăлăх çитĕнтерет. Ăна пĕтĕмпех тăватках тăмĕн акнă. Çăра шăтнă тĕмсенчи калчасене сайралатрăмăр. Калчасене сайралатнă хыççăн çеç апат патăмăр. Юлашки вăхăтра тăтăшах çумăрсем пулчĕç. Хĕвеллĕ кунсем пусланнпах кукуруза тĕмĕсенчен çамрăк калчасем ӳсме тытăнчĕç. Эпир вĕсене сĕçĕпе касса тухрăмăр. Çапла туни аталаннă кукурузăна лайăх сарăлса ӳсме май парать.

Пире колхоз агрономĕ А. Сидорова юлташ пысăк пулăшу парать. Вăл сĕнипе колхоз правленийĕ кукуруза агротехникине вĕренме ятарласа кружок йĕркелерĕ. Уйрăмах пире Кольцовкăри кукуруза ăстисен опычĕ хытă интересленетерет. Вĕсем мĕнле майпа пысăк тухăçлă кукуруза туса илни çинчен вуласа пĕлтĕмĕр. Малта пыракансен опычĕ çинчен пуласа е ыйтса пĕлни çеç çителĕксĕр, ăна куçпа курса вĕренни лайăхрах. Эпир хамăрпа ăмăртакан «Красный партизан» колхозра час-часах пулатпăр. Ку колхозра çуллен лайăх кукуруза çитĕнтереççĕ.

Пирĕн звено членĕсем икĕ çул хушшинче кукуруза пăхса ӳстерме лайăх вĕренсе çитрĕç. К. Соловьева, А. Васильева тата ытти юлташсем те хăйсен ĕçне юратса тăваççĕ, пысăк тухăçлă кукурузăшăн ырми-канми ĕçлеççĕ.

Эпир 2-мĕш уй-хир бригадинчи О. Семенова юлташ ертсе пыракан звенопа ăмăртатпăр. Çак звено кашни гектартан 400—450 центнертан кая мар кукуруза çулçине тунине пухса илме обязательство йышăннă пулсан, эпир гектартан 30—40 центнертан кая мар кукуруза тĕшши туса илме сăмах патăмăр. Кукуруза лайăх ӳсет. Панă сăмаха пурнăçлатпăрах.

**З. ИСАКОВА.**
«Красный фронтовик» колхозри звеньевой.
Пăрачкав районĕ.



Çĕрпӳре сĕт-кантăр завочĕ тăваççĕ.
Ӳкерчĕк çинче: строительствăра ĕçлекен мотористка И. Федорова юлташ.
Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

## Кăмпа—паха çимĕç

Етĕрне хули таврашĕнчи вăрмансемпе улăхсенче тĕрлĕрен кăмпасем нумай. Унта шурă кăмпа, кăрăç, уплюнкка, хыр кăмпи, кăтра кăмпа, ăвăс кăмпи, хурăн кăмпи, яка кăмпа т. ыт. кăмпасем пур.

Анчах, калас пулать, çак йӳне ларакан апат-çимĕç продукчĕсене хатĕрлес ĕç Етĕрне районĕнче кашни çул чăрма çук япăх пулса пырать. Столовăйсемпе чайнăйсенче çулталăк тăршшĕпех кăмпа апачĕсем çук, йӳçĕтнĕ кăмпана апат-çимĕç магазинĕсенче те туянса илейĕмĕн. Иртнĕ çул райпотребсоюзăн хатĕрлев кантурĕ пĕр килограмм кăмпа та хатĕрлемен.

Ĕç кăçал та çавăн майлах тăрать. Хатĕрлев кантурĕн кăçал икĕ тонна кăмпа хатĕрлемелле.

— Кăмпа хатĕрлес ĕç мĕнле пырать?— ыйтрăмăр эпир хатĕрлев кантурĕн директорĕ В. Кузнецов юлташран.

— Тытăнман-ха,—терĕ вăл,—пĕлместпĕр мĕнле хатĕрлессине. Ку ĕçе шкул ачисене явăçтарсан аванччĕ те,—тесе хучĕ вăл юлашкинчен.

Етĕрнери апат-çимĕç комбиначĕнче те пĕр тонна кăмпа хатĕрлемелле. Анчах кунта та ĕçе халĕ кăна тытăннă.

Çакăнпа килĕшсе ларма çук. Кашни столовăйĕнче тата чайнăйра кăмпаран хатĕрленĕ апатсем, апат-çимĕç магазинĕсенче йӳçĕтнĕ е типĕтнĕ кăмпасем сутлăх пулмалла. Çапла тума ĕçсынисем ыйтаççĕ. Вăсен ыйтăвĕсене тулли тивĕçтерес пулать.

**Г. МЫТИКОВ.**

## Электричество вăйĕпе

Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çулта ĕне сумалли агрегат туянчĕ. Ăна МТС вырнаçтарса памалла пулнă, анчах вăл колхоза теншĕн тивĕçлĕ пулăшу параймарĕ. Аппарата вара хамăр вăйпах вырнаçтарса пĕтертĕмĕр.

Çак агрегатпа çĕр ĕне сума пулать. Пĕр ĕне сума пурĕ те пилĕк минут çеç кирлĕ. Хальхи вăхăтра пирĕн дояркăсем пĕрер аппаратпа 11-шер ĕне сăваççĕ. Малашне вĕсем икшер аппаратпа 22-шер ĕне сума пуçлаççĕ.

Электричество вăйĕпе ĕне суни дояркăсен ĕçне çăмăллатать, ĕç кунĕсене перекетлет тата сĕчĕ те таса пулать.

Ĕне витине водопровод пырать. Автопоилкăсем вырнаçтарса лартнă.

Халĕ типовой проект тăрăх 100 ĕне вырнаçмалăх çĕнĕ вите лартатпăр. Унта та ĕне сумалли агрегат пулать.

**А. СТОЛЯРОВ.**

Зоотехник канашĕ

## Çĕрулми силосĕ

Хуçалăхра выльăх апачĕ хăваракан çĕрулмирен силос туса усă курни выльăх-чĕрлĕх продукцийĕн хăйне ларакан хакне йӳнетмелли майсенчен пĕри пулса тăрать. Тенĕр сичен, силоса хывнă çĕрулмие усрасси буртăсенче, траншейăсенче, подвалсенче тата ытти хранилищесенче усрасенчен ансатрах.

Хранилищесенче 0 градусран пуçласа 5 градуса çити ăшă чухне, çĕрулмири крахмалăн 8—10 процентĕ сухалать, унăн виçи вара 6—10 процента çити чакать. Унсăр пуçне тĕрлĕ чирсемпе сиенленсе тата шăнса çĕрулми нумай пĕтме пултарать.

Çĕрулмие силоса хывсăн унти туглăхлă япаласем 3—4 процентран ытла пĕтмеççĕ тата ăна çулталăкĕпех усрама пулать.

Чĕрĕ çĕрулмие силоса хывни хуçалăха экономика енчен пысăк усă кӳрет, мĕншĕн тесен пĕçерме кайкан вутă та перекетленет, апат хатĕрлекенсен ĕçĕ те чылай çăмăлланать. Унсăр пуçне тата выльăхсене пама сĕтеклĕ паха апат яланах хатĕр пулать.

Силоса хывнă çĕрулми валли ытти хранилищесенчи пек нумай вырăн кирлĕ мар. Пĕр кубометр силос сооруженине 900—1.000 килограмм çĕрулми - силосĕ кĕрет пулсан, чĕрĕ çĕрулми вара 600—700 килограмм кăна вырнаçать.

«Гвардеец» ялхуçалăх артелĕн членĕсем 1955 çул пирвайхи хут 60 тонна пĕçернĕ тата 60 тонна чĕрĕ çĕрулмирен силос хыврĕç.

Çĕрулми силосне кунта цементласа хытарнă тата шал енчен битум растворĕпе сӳхен сĕрнĕ 30-шар тонна кĕрекен шăтăксене хывнă. Силоса хывас умĕн çĕрулмие çуса тасатнă. Пĕçерсе силосламан çĕрулмие «ЗК-1,0» тата «ЗК-0,5» кормозапарникĕсенче пĕçерсе хатĕрленĕ, чĕрĕлле хывнине—силосорезкăпа турасе вĕтетнĕ. Çĕрулмие лайăхрах вĕтетме «РСС-6» силосорезкăн хăшпĕр пайĕсене урăхла майлаштарнă. Чĕрĕ тата пĕçернĕ çĕрулми сĕтеклĕ те тутлăхлă пултăр тесе, ăна каротинпа тата белоклă апатсемпе хутăштарнă.

Хутăша çак виçепе тунă: çĕрулми 80 процент, кишĕр 3—5 процент, курăк кайăвĕ тата люцерна арпи 10—12 процент, купăста 5 процент. Унсăр пуçне кашни 30 тонна çине 150-шар литр хăймине уйăрнă сĕт тата 70 килограмм тăвар сапнă.

Силоса хывакан чĕрĕ çĕрулмие асăннă апатсемпе хутăштармасан та юрать, мĕншĕн тесен унта пĕр процента яхăн сахăр пур, вăл силоса хывмалли ытти ӳсентăрансемпе танлашать.

Ĕç йĕрки кăткăс мар: пĕçернĕ тата вĕтетнĕ чĕрĕ çĕрулмие шăтăксене тултарса таптаса пусăрăнтармалла. Чĕрĕ çĕрулмирен хывнă силос 3—5 кун хушши йӳçет, силос масси кăпăкланса сӳлелле çĕкленет. Çавăнпа та силос шăтăкне малтанхи кунсенче $^1/_3$ пайне кăна тултармалла. Унсăр пуçне, силос масси шăтăкран тухса ан кайтăр тесе тĕпне 30—40 сантиметр хулăнăш вĕтетнĕ улăм е арпа хумалла. Силос масси пусăрăнса çитсен шăтăка çителĕклĕ таран тултармалла, витсе хумалла. Силос ан пăсăлтăр тесе, çине хăмаран çапса тунă щитпа витмелле, щит çине 80 × 100 сантиметр виçеллĕ алăксем тумалла. Сывлăш кĕресрен щита тăмлă тăпрапа сĕрсе тухмалла, тăмĕ çурăласран çине 25—30 сантиметр хулăнăш арпапа вĕтĕ тăпра сармалла. Хĕллехи сивĕсенче шăнасран çиеле улăм купаламалла.

Силоса хывнă çĕрулмие выльăх-чĕрлĕхе тата чăхсене пĕçерсе е чĕрĕлле паракан апат нормипех çитермелле.

«Гвардеец» колхозра иртнĕ çул, силоса хывнă çĕрулми сахалрах пулнă пирки, ăна сыснасемпе чăхсене анчах çитернĕ. Çак апата сыснасене талăкра 4—7-шер килограмм, чăхсене 20—30-шар грамм панă.

Колхозра çĕрулмирен хывнă силос усси çине сăнаса пăхас тĕллевпе апрельпе май уйăхĕсенче самăртакан сыснасене тăрантарнă. Пĕр вăхăтра суралнă тата пĕр виçеллĕ сыснасене виçĕ ушкăна, пилĕкшер пуç уйăрнă. Самăртма хупнă виçĕ ушкăнăн рационĕнче çĕрулмисĕр пусне ытти апатсем пĕр пекех пулнă. Пĕррремĕш ушкăнрисене ахаль пĕçернĕ çĕрулми, иккĕмĕш ушкăнрисене—пĕçернĕ çĕрулмирен хывнă силос, виççĕмĕшсене—чĕрĕ çĕрулмирен хывнă силос çитернĕ.

Сăнаса пăхнă хыççăн çакă паларнă: виççĕмĕш ушкăнри самăртакан сыснасем чĕрĕ виçи ытти ушкăнрисенчен кинĕм чухлĕ те кая пулман.

«Гвардеец» колхозăн паха опычĕпе пур çĕрте те анлăн усă курмалла. Уйрăмах чĕрĕ çĕрулмирен силос хывни кашни колхозах пысăк усă пама пултарнине шута илмелле.

**М. ТАЙКИН.**
Чкаловски МТС-ĕн главнăй зоотехникĕ.

## Чирлĕ çын çине çапла пăхмалла-и?

Пĕррехинче эпĕ сасартăк чирлесе ӳкрĕм те, Мăн Чурашри больницăна кайрăм. Мана унта Артемьев фельдшерпа Голубенко врач ăшă кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Анчах больницăра пуш вырăн çуккине пула выртма йышăнаймарĕç, эмел çеç парса ячĕç. Кунпа пĕрлех Голубенко врач хамăр ялти медицина пунктĕнче ĕçлекен А. Степанов фельдшер патне хут çырса ячĕ. Врач мана сываличчен кашни кунах глюкозăпа укол тума хушнă мĕн. Киле çитсенех çак хута манăн арăм фельдшер пунктне леçсе пачĕ. Анчах А. Степанов ман патăма пырса та курмарĕ. Çакăншăн эпĕ питĕ кӳрентĕм.

**Г. САМАКОВ.**
Тушкасси ялĕ, Советски районĕ.

* * *

Пирĕн корреспондент Г. Самаков юлташăн çырăвне вырăна кайса тĕрĕслерĕ. Чăн та, А. Степанов фельдшер Голубенко врачран сывмар пулнă Г. Самаков юлташа глюкозăпа укол тумалли çинчен хут илнĕ пулнă. Анчах вăл врач хушнине пурнăçлас тĕлĕшпе нимĕн те туман. Больницăна кайса килнĕ хыççăн Самаков юлташ эрне хушши киле чирлесе выртнă. А. Степанов фельдшер çакна пĕлнĕ çинчех ун патне пĕрре те пырса курман. Вăл халĕ çапла калать: «Вăл врач патĕнче пулнă. Врач хыççăн фельдшер мĕн тума пултартăр-ха вара».

Ун чухне фельдшер пунктĕнче глюкоза пулман. Çапах та, чирлĕ çынна сывалассишĕн çине тăрса тăрăшнă пулсан, Степанов фельдшер ку эмеле шыраса тупма пултарнă. Анчах вăл ун çинчен шухăшламан та.

Г. Самаков юлташ 62 çулхи ватă колхозник. Вăл 24 çул хушши пĕр улшăнмасăр колхозра конюх пулса ĕçленĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе нумай вăхăт хушши тӳрĕ кăмăлпа ĕçленĕшĕн ăна кăçалхи март уйăхĕнче Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

Фактсем çакăн çинчен калаççĕ: Тушкассинчи фельдшер пункчĕн заведующийĕ А. Степанов юлташ хăйне шанса панă ĕçе тӳрĕ кăмăлпа туса пымасть. Хăшпĕр чухне ĕç вăхăтне ĕçкĕ-сикĕре ирттерни те пулкалать. Вăл хăйĕн ĕçĕпе халăх хушшинче сахал пулкалать, ытларах хăйĕн килĕнче ĕçлеме тăрăшать, чирлĕ çынсем патне киле çӳресшĕн мар. Паллах, халăх сывлăхне упрас ĕç çине çакăн пек пăхни А. Степанов фельдшера чыс тумасть.

# Çĕнĕ пурнăçшăн пыракан кĕрешӳре

Августăн 15-мĕшĕнче паттăр Корея халăхĕ хăй ирĕке тухнăранпа вуннăр çул тултарнине паллă тăвать. Вуннăр çул каялла—1945 çулхи август уйăхĕнче — Совет Çарĕ, Япони милитарисчĕсен вăйĕсене çĕмĕрсе тăкса, Корея çĕрĕ çине пырса çитрĕ, корейцсене сур ĕмĕре яхăн пынă колониалле пусмăртан хăтарчĕ. Корея халăхĕ валли ниқамă пăхăнмасăр, ирĕклĕ пурăнма çул уçăлчĕ.

Корейăн сурçĕр пайĕнче марксистла-ленинла парти ертсе пыракан ĕçсыннисем влаçа хăйсен аллине илчĕç, унта халăх демократи стройĕ çирĕпленчĕ. Унта Корейăри Ĕçлĕх партийĕ ертсе пынипе революцилле улшăнусем тунă—çĕрв ĕçхресченĕсен аллине панă, шултра промышленноçа, транспорта тата банксене национализациленĕ, çĕнĕ, демократилле законсем кăларнă. Ирĕклĕ халăх хăйĕн государствине—Демократиллĕ Корея Халăх Республикине туса хучĕ.

Халăхăн палама çук пысăк творчествăллă вăйĕсем çĕкленчĕç. Сурçĕр Корейăри ĕçсыннисем, патриотла туйăмпа хавхаланса, çĕнĕ, телейлĕ пурнăç тума тытăнчĕç, хăйсен халăх демократиллĕ государствине вăйлатас ĕçре пысăк çитĕнӳсем турĕç. Японии колонизаторĕсем çĕмĕрсе хăварнă заводсемпе фабрикăсене хăвăрт юсанă, промышленноçăн çĕнĕ отраслĕсене тунă, ялхуçалăх производстви ӳснĕ. Культурăна вăйлатас енĕпе çĕршывра чăн-чăн революци пуçланнă.

Анчах Корея халăхĕн çĕнĕ пурнăç сулĕ çăмăл мар, тумхахлă пулчĕ. Хăйĕн сулĕ çинче ăна тĕнчери реакци вăйĕсемпе тĕл пулма тиврĕ. Корейăн кăнтăр пайне Америка çарĕ оккупацилерĕ, унта вăл лисынмановецсен халăха хирĕçле режимне туса хучĕ. Кăнтăр Корейăри влаçа çавăрса илнĕ реакци вăйĕсем Сурçĕр Корейăра çĕнĕ пурнăç тумашкăн пур майсемпе те чăрмантарма тăрăшрĕç.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Корейăна мирлĕн пĕрлештерес тесе нумай вăй хурса тăрăшрĕ, анчах 1950 çулхи çулла реакци вăйĕсем Корейăра вăрçă пуçларĕç. Виçĕ çула пынă юнлă кĕрешӳре, Китай халăх добровольцĕсем пулăшнипе, Сурçĕр Корея халăхĕ хăйĕн ниқама пăхăнманлăхĕпе ирĕклĕхне, хăйĕн халăх демократиллĕ стройне хӳтĕлесе хăварчĕ.

Корейăри Ĕçлĕх партийĕ ĕçсынни массисене Демократиллĕ Корея Халăх Республикин экономикине юсаса аталантарма хавхалантарчĕ. Вăрçă хыççăнхи 1954—1956 çулсем валли халăх хуçалăхĕн виçĕ çуллăх планне хатĕрленĕ, çĕршыв экономикин мĕнпур отраслĕсенчи производствăна вăрçăчченхи шая çитерес задача лартнă. Социализм лагерĕнчи çĕршывсен тăванла пулăшăвĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикишĕн калама çук пысăк вырăн йышăнса тăрать. Пурте пĕлеççĕ, Совет Союзĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин халăх хуçалăхне юсаса аталантарма 1 миллиард тенкĕ пачĕ. Çак укса шучĕпе Корея халăхĕ заводсемпе фабрикăсем валли çĕнĕ оборудовани, ялхуçалăх валли машинăсем, наука учрежденийĕсем валли оборудованипе материалсем тата ытти нумай япаласем илчĕ. Халĕ республикăри пысăк стройкăсене совет специалисчĕсем техника тĕлĕшпе квалификациллĕ пулăшу параççĕ. Корея халăхне Китай Халăх Республики питĕ нумай пулăшать.

Перемири тунă хыççăн иртнĕ виçĕ çул хушшинче республикăри ĕçсыннисем, пысăк йывăрлăхсене çĕнтерсе, экономикăпа культурăн пур отраслĕсенче те çитĕнӳсем чылай турĕç.

Вăрçă кӳнĕ суранcене тӳрлетсе, промышленность ăнăçлă аталанса пырать. Иртнĕ çул промышленность туса кăларнă продукци вăрçăчченхи 1949 çулхи шайран пĕр хут çурă ытла иртсе кайнă. Çак çулталăк пуçланнă тăлех республикăра государствăпа коопераци промышленность производстви виçĕ çуллăх планра 1956 çул валли палăртса хунă виçерен иртсе кайнă. Йывăр промышленность уйрăмах хăвăрт ӳсса пынă.

Халăх государстви промышленноçа юсаса аталантарма укса нумай расходлать. Иртнĕ çул нĕсĕлĕнĕ тĕле республикăра государствăн 236 промышленность предприятине пĕтĕмпех е чылай юсанă. Кунсăр пуçне, çĕнĕрен 70 предприяти ытла лартнă. Корея халăхĕ хăйĕн Чендин хулинчи Ким Чак ячĕпе тăракан металлурги завочĕпе, Соннин хулинчи завочĕпе, Кансонри, Сендинри, Чендинри хурçă шăратакан завочĕсемпе, Сунхун гидроэлектростанцийĕпе тата ытти электростанцисемпе тивĕçлипех савăнма пултарать. Республикăра электрооборудовани тăвакан икĕ завод, машинăсем тăвакан темиçе предприяти ĕçлет. Азири питех те пысăк предприяти—Хыннамри хими комбиначĕ тата ытти хими завочĕсем çĕнĕрен ĕçлеме пуçланă. Шахтăсене, строительство материалĕсем тăвакан заводсене, судйăсем тăвакан верфьсене ĕçе янă. Пхеньянри комбинатпа ытти фабрикăсем уйăхран уйăха нумайрах та нумайрах пир-авăр тĕртсе кăлараççĕ.

Юлашки çулсенче республикăри асла шкулсемпе техникумсенчен пиншер инженерсемпе техниксем вĕренсе тухнă. Корея халăхĕн нумай ывăлĕсемпе хĕрĕсем Совет Союзĕнче, Китай Халăх Республикинче тата социализмлă ытти çĕршывсенче вĕренеççĕ. Ремесла училищисем тата фабрикăпа завод ĕçне вĕрентмелли шкулсем квалификациллĕ вуншар пин рабочи вĕрентсе хатĕрленĕ. Пиншер рабочисем тăванла çĕршывсенче производствăлла практикăра пулнă. Техникăна лайăх пĕлекен çак кадрсем республика промышленноçне вăйлатас ĕçре нумай пулăшаççĕ.

Вăрçă хыççăнхи вăхăтра Демократиллĕ Корея Халăх Республикин ялхуçалăхĕ те çитĕнӳсем чылай турĕ. Кунта çакна асра тытас пулать: республикăри хресченсем умĕнче питĕ пысăк йывăрлăхсем тăнă, мĕншĕн тесен вăрçă пысăк сиен кӳнĕ, сухалакан çĕр, ĕç вăйĕпе ĕç выльăхĕ, химилле удобренисем çителĕксĕр пулнă. Ĕçлĕх партийĕпе правительство ялхуçалăхне вăйлатма хытă тăрăшаççĕ. Кăçал ялхуçалăхне виçĕ çуллăх планра палăртниччĕн чылай нумайрах укса хывнă. Уй-хире шăвармалли каналсемпе дамбăсем тăвас тĕлĕшпе уйрăмах нумай ĕçлеççĕ. Иртнĕ çуркунне рис уйĕсене шăвармалли каналсем чавнă çĕрте, юханшывсен сыранĕсем тăрăх дамбăсем тунă çĕрте хуласемпе ялсенчен çĕршер пин çын пырса ĕçленĕ. Ку вăл чăннипех те пĕтĕм халăх строительстви пулса тăнă. Вăрçă хыççăнхи вăхăтра вуншар водохранилище, çĕршер насус станцийĕ тунă. Кăнтăр Пхенан провинцийĕнче вăтăр пин гектара яхăн рис уйĕсене шăварса тăракан ирригаци системи тăваççĕ.

Яла тăванла çĕршывсем ярса паракан тĕрлĕ техника пырса тăрать. Вăрçă хыççăнхи çулсенче Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче çĕнĕ машина-трактор станцийĕсем 30 ытла тунă. 1953 çулхипе танлаштарсан, иртнĕ çулта тракторсен шучĕ (вуннилĕк лаша вăйлисем çине куçарса шутласан) тăватă хута яхăн ӳснĕ. Республика промышленноçĕ шыв уçласа хăпартмалли машинăсемпе ялхуçалăх машинисем нумайрах та нумайрах туса кăларать. Химилле удобренисем туса кăларасси уйăхран уйăха ӳссе пырать. Çак удобренисемсĕр Корея условийĕсенче тырпул çителĕклĕ туса илме питĕ йывăр.

Юлашки çулсенче Сурçĕр Корейăри хресченсем, пĕрлештернĕ хуçалăх нумайрах усă панине курса, ялхуçалăхне кооперацилемелли çул çине тăнă. Кăçалхи çуркунне пуçламăшĕнче республикăра производствăлла ялхуçалăх кооперативĕсем 14.650 ытла пулнă. Мĕнпур хресченсен килĕсен 65 проценчĕ ытла кооперативсенче тăрать. Ĕçлĕх партийĕ ертсе пынипе кооперативсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетсе пыраççĕ.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче пурăнмалли çуртсем, шкулсемпе институтсем, больницăсемпе поликлиникăсем, театрсемпе клубсем нумай тăваççĕ. Тăшман бомбăсем пăрахса аркатнă Пхеньян хули—республика столици хăвăрт ӳсет, лайăхланса пырать, çавăн пекех ытти хуласемпе поселоксене те юсаççĕ. Вăрçă хыççăнхи вăхăтра республикăра халăха кулленхи кирлĕ таварсен хакĕсене тăватă хутчен йӳнетнĕ. Рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçипе хресченсен тупăшĕсем чылай ӳснĕ.

Сурçĕр Корея халăхĕ экономикăпа культурăн тĕрлĕ отраслĕсенче çитĕнӳсем нумай тунă. Анчах унăн чи хаклă капиталĕ, унăн чапĕ, малашлăх телейлĕ пулассине шантарса тăракан вăйĕ вăл—халăх влаçĕ вăхăтĕнче ӳссе çитĕннĕ çĕнĕ çынсем.

Халăх влаçĕ туса хунăранпа рабочисем, хресченсем, интеллигентсем паттăррăн тăрăшса ĕçленипе Сурçĕр Корея палламалла мар улшăннă. Малашне ун умĕнче татах та анлăрах çулсем уçăлаççĕ. 1957 çулта Демократиллĕ Корея Халăх Республики хăйĕн пĕррремĕш пилĕк çуллăх планне пурнăçлама тытăнать. Ăна пурнăçлани социализм никĕсĕ хывмалли çул çинчи çĕнĕ пысăк утăм пулать. Республикăна çак çул çинче çитĕнӳсем тума вăл Совет Союзĕпе тата социализм лагерĕнчи ытти çĕршывсемпе тăванла туслă пурăнни, вĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлени нумай пулăшать.

Кăçалхи июль уйăхĕнче Мускавра Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительство делегацийĕпе Совет правительстви хушшинче калаçусем пулса иртрĕç. Çак калаçусем Совет Союзĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики хушшинчи туслăха, вĕсем политика, экономика тата культура енĕпе тачă çыхăнса ĕçлессине вăйлатас, çавăн пекех Инçет Хĕвелтухăçĕнчи мирпе хăрушсăрлăха çирĕплетес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Ăшă кăмăлпа, туслăн иртнĕ калаçусем вăхăтĕнче икĕ çĕршыв экономика тата техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлессине малалла сарса пырасси çинчен сӳтсе явнă. Калаçусене хутшăннисем Демократиллĕ Корея Халăх Республикин халăх хуçалăхне юсаса аталантарма Совет Союзĕнчен материалсемпе оборудовани, çавăн пекех халăх валли апат-çимĕçпе тĕрлĕ таварсем ытларах тăратасси çинчен калаçса татăлнă. Вĕсен чылай пысăк пайне тăванла пулăшу йĕркипе параççĕ.

Совет Союзĕпе Корея пĕрле пĕлтернинче çапла каланă: икĕ енĕ те, мире юратакан мĕнпур вăйсемпе пĕрле, Корейăна мирлĕ пĕрлештерме, Корейăри перемирие çирĕп мир тума малалла тăрăшĕç. Совет Союзĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики çапла пĕлтерчĕç: вĕсем Корея проблемине татса парас, юг çĕршыв сарĕсене Корейăран илсе тухас ыйтусем тăрăх çак ĕçпе интересленекен çĕршывсен канашлăвне пухас шухăша ырлаççĕ.

Мускаври калаçусен участникĕсем Сурçĕр Корейăпа Кăнтăр Корея хушшинче тӳррĕнех çыхăну тытмалла тăвассишĕн, экономика, культура тĕлĕшĕнчи çыхăнусемпе ытти çыхăнусене йĕркелессишĕн тăраççĕ, çакă Корейăна мирлĕн пĕрлештермелли условисене туса хума пулăшĕччĕ, тесе шутлаççĕ.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи ĕçсыннисем хăйсен халăх демократи стройĕн условийĕсенчи пурнăçĕн вуннăмĕш çулне кĕреççĕ. Вĕсем хăйсем суйласа илнĕ çул çине ĕмĕрлĕхех тăчĕç, хăйсен кĕрешӳре тĕрĕсленнĕ Ĕçлĕх партийĕ ертсе пынипе малалла шанчăклăн утаççĕ. Совет çыннисем вĕсене çак мухтавлă çул çинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума чĕререн ырă суннаççĕ.

**Р. ОКУЛОВ.**

# Насер президент ирттернĕ пресс-конференци

КАИР, августăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Египет республикин президенчĕ Гамаль Абдель Насер пресс-конференци иртгернĕ. Унта вырăнти журналистсемпе урăх çĕршывсен журналисчĕсем 300 çын ытла пухăннă. Пресс-конференцире президентпа пĕрле ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Махмуд Фаузи тата президент канцелярийĕн начальникĕ Али Сабри пулнă.

Насер президент Суэц каналĕн компанине национализациленĕ пирки, çавăн пекех Египета Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту тăрăх Лондонра пухакан конференцие хутшăнма чĕнни май Египет правительстви тунă заявление вуласа панă.

Унтан Насер корреспондентсен ыйтăвĕсем çине ответленĕ.

Египет правительствин заявленийĕнче уйрăмах палăртса çапла каланă: Суэц каналĕн компанийĕ вăл Египет компанийĕ пулса тăрать, Египет законĕсене пăхăнса ĕçлет, ăна Египетăн суверенлă прависемпе килĕшуллĕн национализациленĕ. Египет каналĕ тĕлĕшпе виçĕ держава пĕлтернинче мĕн каланипе Египет правительстви килĕшме пултараймасть.

Суэц каналĕн компанийĕ тĕнчери çĕршывсен компанийĕ пулса тăнă пек кăтартни вăл Египетăн шалти ĕçĕсене хутшăнма сăлтав тума хăтланнине пĕлтерет. Египет компанийĕ—вăл Египет çĕршывĕн, çакна тĕнчери çĕршывсем хушшинчи договорсемпе килĕшусенче йышăннă.

Виçĕ держава пичетлесе кăларнă коммюникере Египет прависене çирĕплетсе паракан фактсене юриех шута илмен. Çакăнтан вĕсем Египетăн шалти ĕçĕсене хутшăнма шутлани курăнать. Коммюникере фактсене пăсса кăтартнă. Çакна ăна виçĕ держава Египетăн шалти ĕçĕсене хутшăнни вырăнлă пулас пек кăтартас шутпа тунă.

Компание национализацилени канал тăрăх суднăсем çÿретес ирĕклĕхпе пăтраштарма хăтлании вăл Египетăн шалти ĕçĕсене, унăн суверенитетне хутшăнма хăтлании пулса тăрать. Канал тăрăх суднăсем çÿретес ирĕклĕхе яланах Египет правительстви хÿтĕлесе тăнă тата халĕ те хÿтĕлесе тăрать. Компание национализациленĕ чухне Египет правительстви канал тăрăх суднăсем малашне те ирĕклĕ çÿремелле тума сăмах панă.

Заявленире çапла каланă: Египет правительстви канала тĕнчери çĕршывсем тĕрĕслесе тăрассине хирĕç тăрать, мĕншĕн тесен çак йĕрке вăл коллективлă колониализм пулать. Тĕнчери çĕршывсен канал тĕлĕшпе ĕçлекен органне туни Египетăн шалти ĕçĕсене хутшăнни пулĕччĕ. Египет тĕлĕшпе Англи тата Франци йышăннă мерăсене Египет правительстви тавăклăмах сивлет. Çак мерăсемпе юнаса хăратма пăхаççĕ, Египет халăхĕ хăйĕн территорийĕн пĕр пайне патăр, хăйĕн суверенитетне хÿтĕлес шухăша пăрахтăр тесе тăрăшаççĕ. Англипе Франци правительствисем йышăннă мерăсем пĕтĕм тĕнчери мирпе хăрушсăрлăха сиен кÿреççĕ, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставне хирĕç пыраççĕ.

Англи правительстви Египетăн уйрăлми пайĕ пулса тăракан Суэц каналне пырса тивекен ыйтусене пăхса тухма пухакан конференцие пыма чĕнни, çак ĕçе вăл Египетпа канашламасăр туни Египет правительствине хытă тĕлĕнтерет. Конференцие хутшăнма 24 государствăна кăна чĕннĕ, анчах та 1955 çулта каналпа 45 çĕршывран кая мар усă курнă.

Çаксене пурне те шута илсе, Египет правительстви маларах асăннă конференцие тĕнчери çĕршывсен конференцийĕ тесе, решенисем йышăнма пултаракан конференци тесе шутлаймасть. Çак конференцин Египет татса пама тивĕçлĕ ыйтусене е Египетăн суверенлă прависене пырса тивекен ыйтусене сÿтсе явма право çук. Конференцие пыма чĕннине Египет йышăнма пултараймасть.

Малалла заявленире çакна палăртнă: пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварас тĕлĕшпе, хăй Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн тата Бандунгри конференци йышăннă решенисен принципĕсемшĕн çирĕп тăнине кăтартса парас тесе, Египет правительстви, 1888 çулхи конференци çине алă пуснă ытти çĕршывсемпе пĕрле, конференци пухмашкăн кирлĕ утăмсем тума хатĕр тăрать. Çак конференцие маларах асăннă конвенци çине алă пуснă çĕршывсем тата Суэц каналĕпе усă куракан мĕнпур çĕршывсем хутшăнмалла. Ку конференцин тĕллевĕ 1888 çулхи конвенцие çĕнĕрен пăхса тухасси, канал тăрăх ирĕклĕ çÿрес йĕркене çирĕплетекен тата гарантилекен килĕшу тăвасси çинчен калаçусем ирттересси пулмалла. Ку килĕшĕве Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн секретариачĕ регистрацилемe, ун çинчен пĕтĕм халăха пĕлтерме пултарĕччĕ. Килĕшу сумне кăмăл тăвакан ытти правительствăсем те хутшăнма пултарĕччĕç.

Паян каçхине Насер президент радио тăрăх пĕтĕм халăха чĕнсе каланă.

# *Насер президент отвечĕсем*

КАИР, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер пресс-конференцире Египет правительствин заявленине вуласа панă хыççăн Насер президент журналистсен ыйтăвĕсем çине ответленĕ.

Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çÿретес ирĕклĕх пирки хускатнă ыйту çине ответлесе, Насер çапла каланă: Суэц каналĕ тăрăх суднăсене ирĕклĕ çÿреме кирлĕ условисене Суэц каналĕн компанийĕ мар, çак компани директорĕсен совечĕ мар, Египет правительстви туса панă. Египет правительстви Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çÿретес ирĕклĕхе хÿтĕлекен, çак ĕçе пурнăçлас правăпа усă куракан пĕртен-пĕр орган пулса тăрать. Египет канал тăрăх суднăсене ирĕклĕ çÿреме кирлĕ условисем туса пама яланхи пекех хатĕр. Çакăн çинчен вăл халиччен те каларĕ, халĕ те калать. Канал тăрăх суднăсем çÿретес ĕçе чарса лартма никам та шухăшламасть, мĕншĕн тесен çак ĕçе чарса лартни тĕнчери мĕнпур çĕршывсен интересĕсене пырса тивнĕ пулĕччĕ.

Насер çакна уйрăмах палăртнă: Египет канала ют çĕршывсем контроллес йĕркене хирĕç тăрать. Хальхи вăхăтра хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем тума шутлакан ĕç тĕллевĕ, тенĕ вăл, Египета коллективлă колониализм йышăнтарасси пулса тăрать. Эпир Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çÿретес ирĕклĕхе гарантилес ыйту пирки интересленекен мĕнпур государствăсемпе килĕшу тума хатĕр.

Насер çапла каланă: 1955 çулта Суэц каналĕн компанийĕ 34 миллион фунт тупăш илнĕ, çак тупăшран Египета миллион çурă фунт кăна тÿленĕ. Халĕ ĕнтĕ, канала национализациленĕ хыççăн, тупăша Египет халăхĕ илет. Çак укçапа эпир дворецсем тăвас ĕçре мар, Египет халăхĕн пурнăçне лайăхлатас ĕçре усă курăпăр.

Египет ытти компанисене, уйрăмăн илсен, Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи нефть компанийĕсене национализациleме хатĕрленет-и, тесе ыйтсан, Насер çапла каланă: Эпĕ Египетри компанисене национализациlесси çинчен нихçан та шухăшламан. Арабсен ытти çĕршывĕсене илес пулсан, ку вăл вĕсен правительствисен ĕçĕ. Египет ху ытти çĕршывсен шалти ĕçĕсене хутшăнни пулĕччĕ. Египет ытти çĕршывсен шалти ĕçĕсене хутшăнассине хирĕç тавăклăнах тăрать. Тĕрĕс ĕнтĕ, эпир Багдад пактне хирĕç тăратпăр, ун çинчен эпир уççăнах тата тавăклăн каларăмăр. Элек саракансем каланă тăрăх, пирĕн экспансилле плансем пур имĕш. Çакна ăна юриех шухăшласа кăларнă. Эпĕ татах тепĕр хут калатăп: эпир ыттисен ĕçне хутшăнмасăр ĕçлесе пурăнас политика тытса пыратпăр.

Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем Египета хирĕçле мерăсем йышăнчĕç. Çакăн хыççăн Египет вĕсемпе килĕштерсе ĕçлеме пултарать-и, тесе ыйтсан, Насер çапла каланă: эпир хĕвеланăçĕнчи çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлеме хатĕр. Тĕнчери çĕршывсем хушшинчи кирек мĕнле ыйтăва та калаçусем ирттернипе татса пама пулать. Камсем пирĕнпе килĕштерсе ĕçлесшĕн, эпир çавсемпе пурнипе те килĕштерсе ĕçлесе пурăнма хатĕр.

Асуан пĕвине тума укçа парса тăрас пирки ыйтсан, Насер çапла каланă: Суэц каналĕн тупăшĕ, халиччен акцисен хуçисен аллине кайнăскер, халĕ ĕнтĕ пĕве тăвас ĕçе кайть.

Пĕр журналист çакăн пек ыйту панă: Хĕçпăшаллă вăйпа тапăнас пулсан, Египет мĕн тăвĕ-ши? Насер çапла ответленĕ: Эпир кĕрешĕпĕр, хамăрăн тивĕçпе пурнăçа юлашки юн тумламĕ пĕтичченех хÿтĕлĕпĕр.

Тепĕр ыйту çине ответлесе, Насер çапла каланă: Египет правительстви Суэц каналне реконструкцилес ыйту çине тимлĕ пăхма, канала тарăнлатма, аслăлатма, çавăн пекех суднăсем çÿретес ĕçе лайăхлатма шутлать. Египет правительстви канал тăрăх суднăсем иртсе çÿренĕшĕн илекен тÿлеве ÿстерме шутламасть, тесе шантарса каланă президент.

Египет правительствин заявленийĕнче конференци пухма сĕннĕ. Ăна хăçан пухма пулать, тесе ыйтсан, Насер çапла ответленĕ: кирек хăçан та. Ăна хăш кун пухасси çинчен государствăсем хушшинче калаçса татăлма пулать.

Пĕр ыйту çине ответлесе, Насер çакна палăртнă: «Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенче калани ĕненес пулсан, эпир канала тытса илнĕ пулать. Чăннипе илсен вара, канала Египет халăхĕнчен тытса илнĕччĕ, халĕ ĕнтĕ ăна хăйĕн законлă хуçине тавăрса панă».

Президент иртгернĕ пресс-конференци журналистсене çав тери интереслентерчĕ, Насер президент каланине пурте питĕ тимлĕ итленĕ.

# Насер президент Египет халăхĕпе араб çĕршывĕсенчи халăхсене чĕнсе калани

КАИР, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер каçхине Египет президенчĕ Гамаль Абдель Насер Каирти радио тăрăх Египет халăхĕпе араб çĕршывĕсенчи халăхсене чĕнсе каланă.

Паян, тенĕ Насер, Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки Лондонра пухакан конференци тĕлĕшпе Египет правительстви Англи правительствине ответ пачĕ. Эпир Суэц каналне мар, Суэц каналĕн компанине национализацилерĕмĕр, мĕншĕн тесен Суэц каналĕ вăл Египетăн уйрăлми пайĕ пулса тăрать.

Эпир хамăр решени çинчен пĕлтерсенех империализмла çĕршывсен хаçачĕсенче çакăн пек заголовоксем пичетлеме пуçларĕç: «Египет канала тытса илчĕ!» тесе шавлама тытăнчĕç. Египет нимĕне те тытса илмен. Вăл хăйĕн законлă правине пурнăçларĕ кăна. Мĕншĕн çавăн пек калаççĕ-ха? Мĕншĕн тесен Суэц каналĕн компанийĕ империализма, ют çĕршыв влиянине палăртса тăнă.

Эпир компание национализацилерĕмĕр. Эпир империализмпа ют çĕршыв влиянине хирĕç кĕрешетпĕр. Египет суверенлă государство пулса тăрать, хăйĕн никама пăхăнмаллăхне, хăйĕн суверенитетне хÿтĕлет.

Лондонра хĕвеланăçĕнчи виçĕ держава канашлăвĕ пулса иртнĕ. Унта Египет суверенитетне пырса тивекен ыйтусене сÿтсе явнă. Унтан вĕсем Египет счечĕсене хупрĕç. Çакă вăл Египета хĕсме хăтланнине, Египет халăхне выçă лартма, ăна хăратма тăрăшнине пĕлтерет. Çакăн хыççăн та ĕнтĕ вĕсем хăйсене хăйсем «ирĕклĕ тĕнче лидерĕсем» тесе калаççĕ. Çакнашкал ĕçсем империализма тăрă шыв çине кăларчĕç.

Унтан вĕсем вăрçăпа юнама тытăнчĕç. Виçĕ держава заявленийĕ çакна пĕтĕм тĕнчене кăтартса пачĕ: империализм тĕрлĕ формăсем, тĕрлĕ ятсем илме пултарать, анчах вăл яланах империализм пулса юлать. Хăйĕн отвечĕпе Египет империализм ассылчĕсене тăрă шыв çине кăларчĕ. Хĕвеланăçĕнчи виçĕ государство Египет прависемпе унăн суверенитетне тапăнаççĕ.

Суэц каналне тĕнчери çĕршывсем тĕрĕслесе тăрас йĕрке вăл—империализмăн çĕнĕ форми, коллективлă империализм. Эпир пĕрлехи оборона пакчĕсенчен хăтăлтăмăр, анчах халĕ пире империализмăн çĕнĕ форми, тĕнчери çĕршывсен контролĕ текенскер, хăратса тăрать. Эпир мĕнпур йышши каварсене хирĕç кĕрешĕпĕр, эпир парăнмăпăр, хамăрăн правăсенчен чакмăпăр. Пире тĕнчери чăн-чăн ирĕклĕ общественность шухăшĕ пулăшса пырать. Пирĕнпе пĕрле араб халăхĕсем, Азипе Африкăри государствăсем пирĕн майлă тăраççĕ. Эпир хамăрăн çулпа шанчăклăн пыратпăр, пирĕн ĕç вăл—тĕрĕс ĕç, эпир çĕнтеретпĕрех.

## Суэц каналĕн компанине национализациленĕ пирки

ЛОНДОН, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Каирти пресс-конференцире Египет президенчĕ Насер Египет правительствин заявленине вуласа панă. Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйтăва мирлĕн татса парасшăн тăракансем çак заявление питĕ интересленсе, ырласа кĕтсе илнĕ.

Буржуалла хаçатсен комментаторĕсене илес пулсан, вĕсем заявление уççăнах тарăхса кĕтсе илнĕ. Калас пулать, малтан çак комментаторсемех ĕнтĕ хĕвеланăçĕнчи державăсем Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çÿретме ирĕклĕх пултăр тесе кăна тăрăшаççĕ тесе шантарса каларĕç. Çапла пулсан та, халĕ вĕсем хăйсем Египет правительствин сĕнĕвĕпе килĕшмени çинчен пĕлтерме васкаççĕ. Кунта Египет правительстви 1888 çулхи конвенцие çĕнĕрен пăхса тухас шутпа тĕнчери çĕршывсен конференцине пухма, канал тăрăх суднăсем çÿретес ирĕклĕхе çирĕплетекен, ăна гарантилекен килĕшу тăвас тĕлĕшпе калаçусем ирттерме сĕнни çинчен сăмах пырать.

Египет правительствин çак сĕнĕвĕпе колонизаторсем мĕншĕн килĕшменни çинчен «Дейли мейл» хаçат паллăса пĕлмесĕр уççăн каласа парать. Лондонра конференци пухас ĕçе пуçарнă Англи, Пĕрлешÿллĕ Штатсем тата Франци, тесе çырать хаçат, «хăйсен планĕшĕн сасăлакансен йышĕ ыттисен йышĕнчен пысăкрах пулассине шанса тăраççĕ. Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем пуçпулса тăмалла...» «Шăпах çавăнпа ĕнтĕ,—тесе çырать обозреватель,—Насер августăн 12-мĕшĕнче кăларса тăратнă сĕнÿсене йышăнмаççĕ».

Египета хирĕçле кампание вăйлатса пырса, Англири буржуалла хаçатсем Египета хĕсмелли, вăрçăпа юнамалли политика сыхăннă ĕçсем çинчен калакан хыпарсене пичетлесе кăлараççĕ. Çапла, сăмахран, çав хыпарсем тăрăх, ĕнер виçĕ транспорт судни Англирен Вăтаçĕр тинĕс районне тухса кайнă. Çав шутра «Эмпайр Кен» суднă çинче—зенитлă артиллерин 16-мĕш полкĕ, «Дунера» çинче—тĕрлĕ çар чăсĕсем, «Грайгар» çинче—çар машинисемпе материалĕсем. Кунсăр пуçне, Англин Вăтаçĕр тинĕс районĕнчи хĕçпăшаллă вăйĕсем валли сывлăш çулĕ тăрăх çĕнĕ çар чăсĕсем илсе пыма тытăннă. Вĕсене «Британия» текен турбореактивлă пысăк транспорт самолечĕсемпе турттараççĕ.

Англири власра тăракан ушкăнсем Египета «вăйпа хăратмалли» политика тытса пыма хăтланнине хирĕç Англи общественноçĕ вăйлăрах та вăйлăрах отпор парать.

### СОВЕТ СОЮЗĔН ДЕЛЕГАЦИЙĔ СУЭЦ КАНАЛĔ ÇИНЧЕН ТĂРАКАН ЫЙТУ ПИРКИ ЛОНДОНРА ПУЛАКАН КОНФЕРЕНЦИЕ ТУХСА КАЙНĂ

Августăн 14-мĕшĕнче Совет Союзĕн делегацийĕ Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки пулакан конференцие хутшăнма Мускавран Лондона тухса кайнă. Делегаци составĕнче—Д. Т. Шепилов (делегаци пуçлăхĕ), В. С. Семенов, Я. А. Малик тата Г. Т. Зайцев. (ТАСС).

## Совет Союзĕпе Индонези хушшинчи суту-илÿ

ДЖАКАРТА, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕпе Индонезин суту-илÿ делегацийĕсем хушшинче пулса иртнĕ калаçусем хыççăн августăн 12-мĕшĕнче Джакартăра Совет Союзĕпе Индонези хушшинче пĕрремĕш суту-илÿ килĕшĕвĕ тунă. Килĕшÿре Совет Союзĕпе Индонези хушшинчи суту-илĕве пĕртанлăх принципĕсем тăрăх, пĕр-пĕрне усă кÿмелле йĕркепе аталантарса пымалла палăртнă.

Килĕшÿ тăрăх Индонези Совет Союзне каучук, тир-сăран, чей, кофе, какао пăрçи, табак, сахăр, копра тата ытти таварсем сутать. Совет Союзĕ Индонезие тĕрлĕ йышши оборудовани, çав шутран транспортра грузсем çĕклемелли машинăсем, насуссемпе компрессорсем, çул-йĕр тумалли, çĕр айĕнчи пуянлăхсене шыраса тупмалли, нефть шăтăкĕсем пăраламалли, нефть тасатмалли оборудовани, электротехника таварĕсем, автомашинăсем, тракторсем, оптика хатĕрĕсем, хура металл прокачĕ, металран тунă япаласем, çĕр намăк пир-авăрĕ, çип, хаçат пичетлемелли хут, цемент тата ытти таварсем тăратать.

Çавăн пекех Джакартăра Совет Союзĕн суту-илÿ представительствине тата Сурабайăра çак представительство уйрăмне туса хурасси çинчен калаçса татăлнă.

Килĕшÿ çине Совет Союзĕ енчен СССР Тулашри суту-илÿ министрĕн заместителĕ И. Ф. Семичастнов, Индонези енчен—Индонези ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Субандр алă пуснă.

### АТОМЛĂ ТАТА ВОДОРОДЛĂ ХĔÇПĂШАЛА ЧАРСА ЛАРТАС ТĔЛĔШПЕ ПУХĂННА КОНФЕРЕНЦИ

ПЕКИН, августăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Нагасаки хулинче тĕнчери çĕршывсен атомлă тата водородлă хĕçпăшал туса хатĕрлеме, унпа усă курма чарас тĕлĕшпе пухăннă иккĕмĕш конференцийĕ хупăннă.

Юлашки ларура йышăннă декларацире конференци участникĕсем тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи халăхсене, уйрăмах Азири халăхсене атомлă тата водородлă бомбăсем сăнаса пăхассине пĕр тăхтаса тăмасăрах чарса лартассишĕн кĕрешессине аплă сарма чĕннĕ.

Декларации Японири тата тĕнчери ытти çĕршывсенчи халăхсене ют çĕршывăн Япони территорийĕнчи çар базисене пĕтерессишĕн кĕрешÿ пуçлама чĕнсе.

Çав ларурах тата тепĕр резолюци йышăннă. Резолюцире: Пĕрлешÿллĕ Штатсен, Англин тата Совет Союзĕн атомлă тата водородлă бомбăсене сăнаса пăхма чарăнасси çинчен килĕшÿ тумалла, тесе требовани лартнă. Малалла резолюцире çынсене йышлăн вĕлерсе пĕтерекен хĕçпăшала законлă мар тесе пĕлтерес, хĕçпăшалсене чакарас ыйтусем тăрăх тĕнчери çĕршывсен конференцине пухма сĕннĕ.

### ЭЙЗЕНХАУЭР ПРЕЗИДЕНТ ПАТĔНЧИ КАНАШЛУ

ВАШИНГТОН, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Шурă çуртра Эйзенхауэр президент тата унăн ют çĕршыв ĕçĕсем, çар ыйтăвĕсем енĕпе ĕçлекен советникĕсем республиканецсен партийĕпе демократсен партийĕн конгресри лидерĕсемпе канашланă. Секет çурă яхăн пынă канашлура Суэц ыйтăвне сÿтсе явнă.

Шурă çурт представителĕ Снайдер çапла каланă: канашлура, уйрăммăн илсен, Насер августăн 12-мĕшĕнчи пресс-конференцире тунă заявление сÿтсе явнă.

### ЕГИПЕТА ÇАВ-ÇАВАХ ХĔСМЕ ХĂТЛАНАÇÇĔ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Суэц каналĕ пирки Лондонра конференци пухма палăртнă май Египет правительстви тунă заявлени çинчен Америкăри хаçатсем нумай çыраççĕ, Египет правительстви канал тăрăх суднăсем çÿретес ирĕклĕхе гарантилекен килĕшÿ тума аплăрах конференци пухасси çинчен панă сĕнĕве сÿтсе яваççĕ.

Вашингтонран панă хыпарта Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ çапла кăтартса парать: Насер президент «калаçусене пачах хутшăнмастпăр темерĕ, — аплăрах конференци пухасси çинчен сĕнÿ пачĕ, çак конференцире канал тăрăх тĕнчери çĕршывсен суднисем çÿрес ĕçе гарантилес ыйтăва сÿтсе явма пулĕччĕ, терĕ».

Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Гелбрейт Вашингтонран пĕлтернĕ хыпарта çакна палăртать: Насер Лондонри конференцие хутшăнма килĕшмерĕ, çакăнпа пĕр вăхăтрах вăл «ку ыйтăва каярахпа, аплăрах калаçусем вăхăтĕнче сÿтсе явма сĕнчĕ». Çапла калани, официальнăй çынсен шучĕпе, «калаçусен çулне пÿлсе лартмарĕ».

Çакăнпа пĕр вăхăтрах пысăк влиянилĕ хаçатсем Египета хĕсме çав-çавах чĕнеççĕ. Ĕнер Шурă çуртра пулса иртнĕ канашлу çинчен сăмах хускатса, чылай хаçатсем çакна палăртаççĕ: ку калаçусем çинчен официальнăй йĕркепе пĕлтернинче каланă тăрăх, халĕ «йывăр лару-тăру» пулса тăнă имĕш. «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат: халĕ «вăйпа усă курма май пур, ăна шута илмесĕр тăма юрамасть», тесе юнаса çырать.

# ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиади



Мускав. В. И. Ленин ячĕпе тăракан стадион. Ишмелли бассейн.
Н. Грановский фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

Спартакиадăра командăсем хушшинче Мускав спортсменĕсем малта пыраççĕ. Августăн 12-мĕшĕ тĕлне вĕсем 388,5 очко пухнă. Иккĕмĕш вырăнта—Россия Федерацийĕнчи физкультурниксем. Вĕсен—371 очко.

Иртнĕ вырсарникун баскетбол енĕпе юлашки ăмăртусем пуçланнă. Халĕ Мускаври хĕрарăмсен команди малта пырать. Августăн 12-мĕшĕнче вăл Грузи баскетболисткисене 77:39 шутпа çĕнтернĕ.

Августăн 12-мĕшĕнче футболистсен çурма финалти пĕрремĕш вăййи пулса иртнĕ. Вăйăра Грузи команди, Украина командине 3:1 шутпа çĕнтерсе, финалта выляма право илнĕ.

Спартакиадăра хăвăрт ишекенсен ăмăртăвĕ вĕçленсе пырать. Августăн 12-мĕшĕнче ăмăртăва Грузи, Эстони спортсменкисен командисем, РСФСР сборнăй команди, Ленинград, Мускав, Украина, Белорусси тата Туркмени спортсменкисем хутшăннă.

В. И. Ленин ячĕпе тăракан Центральнăй стадионра 42 километр та 195 метрлă дистанцире 121 çын чупса ăмăртнă. Хăвăрт чупакансем хушшинче Филин (РСФСР сборнăй команди) мала тухнă. Çак дистанцие вăл 2 сехет те 20 минут та 5,2 секундра чупса тухнă. Ку вăл—Пĕтĕм Союзри çĕнĕ рекорд. Иккĕмĕш вырăнта—Мускав спортсменĕ А. Иванов.

Спартакиадăра тĕл перекенсен ăмăртăвĕ малалла пынă. Августăн 12-мĕшĕнче спортсменсем 50 метрти мишеньсене тĕллесе пенĕ. Спорт мастерĕ Т. Бушарина (РСФСР сборнăй командинчен) 300 очко илме май пур çĕртен 300 очко илнĕ. Литва стрелокĕ О. Мезенцев та Бушаринăран кая юлман.

* * *

Августăн 13-мĕшĕ—спартакиадăн вунпиллĕкмĕш кунĕ. 14 тĕрлĕ спорт енĕпе ăмăртусем пулнă.

ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадинче мала тухассишĕн ăмăртакан командăсем хушшинче çамрăксем нумай. Вĕсем çакăн пек пысăк ăмăртăва пĕрремĕш хут хутшăннă. Вĕсенчен кашниех хăйĕн результатне лайăхлатма, çĕнĕ çĕнтерÿсем тума тăрăшать.

Ăмăртусем пуçланнăранпа 198 çамрăк спортсмен спорт мастерĕн нормисене тултарнă. Велосипедистсем уйрăмах пысăк çитĕнÿсем тунă. Кунта 71 çын спорт мастерĕн требованийĕсене тивĕçтерекен результатсем кăтартнă.

Августăн 13-мĕшĕнче ирхине 20 километра хăвăрт утса тухас тĕлĕшпе ăмăртусем пулса иртнĕ.

Çак хушша пуринчен малтан Воронеж хулинчи слесарь М. Лавров спортсмен утса тухнă. Унăн результачĕ—1 сехет те 27 минут та 58,2 секунд. Ку вăл—тĕнчери çĕнĕ рекорд.

Гимнастика енĕпе пынă ăмăртусем вĕçленнĕ. Юлашки кун «Çамрăк пионерсен» стадионĕнче чи вăйлă 16 гимнаст ăмăртнă. Гимнастика енĕпе çĕршывăн абсолютнăй чемпионĕ, ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадинче çĕнтерекенĕн ятне Валентин Муратов (Мускав) илнĕ.

Гимнастика енĕпе командăсем хушшинче пулса иртнĕ ăмăртусенче спартакиадăра Мускав спортсменĕсем пĕрремĕш вырăн йышăннă. Вĕсем 1.409,8 балл пухнă. Иккĕмĕш вырăнта—Украина команди—1.407,5 балл, виççĕмĕш вырăнта—Ленинград спортсменĕсем—1.380,3 балл, тăваттăмĕш вырăнта—РСФСР сборнăй команди—1.368,15 балл, пиллĕкмĕш вырăнта—Грузи гимнасчĕсем—1.345,15 балл, улттăмĕш вырăнта—Армян ССР команди—1.309,8 балл.

Спартакиадăра вĕçсе пыракан мишеньсене персе лектерес тĕлĕшпе пынă ăмăртусем вĕçленнĕ. Пĕрремĕш вырăна Украина стрелокĕ А. Каплун йышăннă. Вăл вĕçсе пыракан 100 мишеньрен 98 мишене персе лектернĕ. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене Мускав спортсменĕсем Н. Дурнева па В. Леонтьев йышăннă. Тăваттăмĕшпе пиллĕкмĕш вырăнта—Ленинград спортсменĕсем И. Кибина па А. Королюк.

Çак спорт енĕпе командăсем хушшинче вырăнсем йĕркипе çапла пайланнă: Мускав, Ленинград командисем, РСФСР сборнăй команди, Украина, Грузи командисем.

Тĕл перекенсен мĕнпур виçĕ упражнени енĕпе пулса иртнĕ ăмăртусен результачĕсем тăрăх пĕрремĕш вырăна РСФСР сборнăй коллективĕ йышăннă. Иккĕмĕш вырăнта—Мускав спортсменĕсем, виççĕмĕш вырăнта—Украина команди, пиллĕкмĕш вырăнта—Грузи команди, улттăмĕш вырăнта—Латви команди. (ТАСС).

## Пенсисем пама хатĕрленеççĕ

Виçĕмкун Шупашкарта районсемпе хуласенчи социальнăй обеспечени работникĕсен семинарĕ уçăлчĕ. Семинара социальнăй обеспечени пайĕсен заведующийĕсем, аслă инспекторсем тата бухгалтерсем пухăннă. Вĕсем унта, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ государство пенсийĕсем çинчен йышăннă Закон октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа ĕçе кĕнĕ май, социальнăй обеспечени органĕсем туса ирттермелли ĕçсем çинчен сÿтсе яваççĕ, пенсисем памалла тумалли тата тÿлемелли йĕрке çинчен калакан положение вĕренеççĕ. Республикăри социальнăй обеспечени органĕсен октябрĕн 1-мĕшĕнчен чылай ĕçсем туса ирттермелле: пенсионерсен документĕсене пăхса тухмалла, вĕсене çĕнĕ удостоверенисем памалла.

Малтанхи кун семинарта Чăваш АССР Социальнăй обеспечени министрĕ Воронцова юлташ соцобеспечени органĕсем умĕнче хальхи вăхăтра тăракан задачăсем çинчен доклад туса пачĕ.

Семинар 7 куна пырать.

## *П у л ă ш у*

Пĕрремĕшинче Шăхасан районĕнчи «Заря» колхоз председателĕ В. Никитин юлташ Канаш пасарĕнче икĕ çын калаçса тăнине курнă.

— Пăлтах пĕтрĕмĕр çав, çирĕ тума пирĕн çĕс тăрса юлтăмăр,—питĕ кулянса калаçса кăтартнă пĕри теприне.

Никитин юлташ та çаксем патне пырса тăрать.

— Мĕн пулнă сире?—ыйтса пĕлме тытăнать вăл вĕсенчен.

— Çунса кайрăмăр. Пушар вăхăтĕнче хамăр килте пулман. Пĕр япала та кăлараймăн.

Çак çын вăл Шăхасан районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз членĕ Герасим Архипович Явленский пулнă. В. Никитин юлташ унăн ятне тата адресне çырса илет.

Çав каçхинех яла таврăнсан Никитин юлташ правлени ларăвĕ пухать.

— Паян пĕр çынна куртăм, инсстрисем мар, хамăр районсемех. Пирĕн пулăшу кассинче тырă пур, мĕнле шутлатăр? —ыйтнă вăл правлени членĕсенчен.

— Инкек курнă çынна пулăшмаллах!—Пурте пĕр çын пек пулса каланă правлени членĕсем.

«Заря» колхоз правленийĕ Жданов ячĕпе тăракан колхоз членне Г. Явленскине центнер çурă тÿлевсĕр тырă парса пулăшрĕ.

Ст. АСЛАН.

## Республикăри волейбол командисен финалти ăмăртăвĕ

Августăн 13-мĕшĕнче Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче республикăри волейбол командисен финалти ăмăртăвĕ вĕçленчĕ. Çак кун Шупашкар хулинчи арçынсен пĕрремĕш команди Первомайски район командине 3:0 шутпа çĕнтерчĕ, Вăрмар районĕн командине—1:3 шутпа выляса ячĕ. Шупашкар хулинчи арçынсен иккĕмĕш команди вăрмарсенчен 3:1 шутпа выляса илнĕ. Канашпа Çĕмĕрле хулисенчи волейболистсен тĕлпулăвĕнче Канаш хулин команди 3:2 шутпа çĕнтернĕ. Первомайски районĕн волейболисчĕсем Канаш хулин командине, Çĕмĕрле хули команди—Шупашкар хулин волейболисчĕсен иккĕмĕш коллективне выляса янă.

Çапла ĕнтĕ волейболистсен республикăри финалти ăмăртăвĕнче Шупашкар хулин пĕрремĕш команди мала тухрĕ, иккĕмĕш команди—иккĕмĕш, Вăрмар районĕн волейболисчĕсем—виççĕмĕш вырăнсене йышăнчĕç, тăваттăмĕш вырăна Канаш, пиллĕкмĕш вырăна—Çĕмĕрле тата улттăмĕш вырăна—Первомайски районĕн волейбол командисем тухрĕç. Первомайски районĕн волейболисчĕсем пĕр командăран та выляса илеймерĕç.

Ытти çулсемпе танлаштарсан волейбол командисем вăйă техникипе тактики енĕпе кая юлни курăнать. Чылай командăсенчи спортсменсем мечкăна сетка урлă йĕркеллĕ çапса яма пĕлмеççĕ. пĕр-пĕрнипе килĕшсе вылямаççĕ, час-часах мечкăна площадка айккинелле çапса яраççĕ.

Хĕрарăмсем енĕпе финалти ăмăртăва пурĕ те виçĕ команда çеç хутшăнчĕ. Шупашкар хулин пĕрремĕш команди мала тухрĕ. Хĕрарăмсем уйрăмах начар вылянине палăртмалла.

Волейболистсен вăйăри ăсталăхне ÿстерес тесен вĕсемпе ăмăртусем вăхăтĕнче çеç мар, яланах занятисемпе тренировкăсем ирттермелле.

Волейболистсен республикăри финалти ăмăртăвне Улатăр, Сĕнтĕрвăрри, Çĕрпÿ, Етĕрне хулисен командисем хутшăнма тивĕçлĕ пулаймарĕç. Ку, паллах ĕнтĕ, çак хуласенчи физкультурăпа спорт комитечĕсене тата спорт обществисене чыс тумасть. Сăмахран, Улатăрпа Çĕрпÿ хулисен волейбол командисем финала тухайманни нихçан та пулман тесен те юрать.

Редактор И. Н. ЯКИМОВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-09, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—13-37, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00566 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2419. Тираж 29.600 экз.